*Пĕтĕм тĕнчери пролетарисем, пĕрлешĕр!*

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

КПСС Чăваш обкомĕпе Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн тата Министрсен Совечĕн органĕ

Орган Чувашского обкома КПСС, Верховного Совета и Совета Министров Чувашской АССР

№ 9 (20142) • Кĕçнерникун, 1990 çулхи январĕн 11-мĕшĕ • Хаçат 1918 çулхи февральтенпе тухать • Хакĕ 3 пус

## ÇИРĔП НИКĔС

Çĕрпÿри автомашинăсем юсакан завод коллективĕ çĕнĕ çулăн малтанхи кунĕсенчен тытăнсах пĕр тикĕс ĕçлет. Тухăçлă ĕçлеме пĕлтерĕшлĕ тунă ÿсĕмсем те хавхалантараççĕ. Завод коллективĕ иртнĕ çул 260 пин тенкĕ ытла таса тупăш илнĕ. Ÿсĕмре А. Пантелеев, А. Басов ертсе пыракан бригадăсен тÿпи пысăк. Вĕсем социализмла ăмăртура пĕрре çеç мар çĕнтернĕ.

Ĕç ветеранĕсемпе çамрăксем алла-аллăн тăрăшаççĕ. Н. Лебедев тимĕрçĕ, С. Павлов токарь, А. Михайлов, Г. Иванов, Г. Алексеев слесарьсем ĕçре ырă тĕслĕх кăтартаççĕ.

Çĕрпÿсем кăçал та пысăк тĕллевсем палăртнă. Кунта ĕç тухăçлăхĕ пилĕк процента яхăн, продукци калăпăшĕ ултă процента яхăн ÿсмелле. Çакна участоксенче ĕçе механизацилеснипе, тухăçлăха ÿстернипе тăваççĕ. Таса тупăш илесси те кăçалхинчен кая мар пулмалла. Ĕçлесе илнĕ укçан пысăк пайне вара ĕçсыннисен социаллă ыйтăвне тивĕçтерме уйăраççĕ. Хваттерсем тăвасси ÿсмелле.

**О. АЛЕКСЕЕВ.**

## ĂМĂРТУРА МАЛТА ПЫРАКАНСЕМ



**Нина Ивановна Пронина — Çĕмĕрлери автофургонсен комбинатĕнчи ĕç ветеранĕ, 32 çул пиллĕкмĕш сборка цехĕнче отделочница пулса тăрăшать. Пилĕк уйăх каялла вара ăна бригадира суйларĕç. Пронина бригади çĕнĕ çулта пысăк пахалăхлă ĕçleme пуçларĕ.**

Ю. Дмитриев фотоÿкерчĕкĕ.

*Мордва АССРĕ 60 çул тултарнă тĕле*

# ÿСĔМ ПАЛĂРĂМĔСЕМ

**А. И. БЕРЕЗИН,**

**КПСС обкомĕн пĕрремĕш секретарĕ**

Мордва çĕрĕ çинче уяв: 60 çул каярах, 1930 çулхи январĕн 10-мĕшĕнче, Мăкшăпа Эрĕ шывĕсем хушшинче государство автономийĕн хĕрлĕ ялавĕ вĕлкĕшме пуçлана. Октябрь революцийĕн Прометей вучĕпе çуталнă ялав мордва халăхĕн çăмăл мар шăпинче тăрăн улшăну пулса иртнине пĕлтернĕ. Государство статусне илни унăн пирĕн нумай нациллĕ Тăван çĕршывра пĕр тан халăхсем хушшинчи социализмла нации туса хума май паракан историллĕ самант пулса тăнă. Мордва халăхĕ çак майпа туллин усă курнă, вунăшар çул хушшинче çĕршер çул хушши пĕр улшăнусăр пулнă хуçалăхпа культурăна малалла аталантарнă.

Халĕ Мордва АССРĕ лайăх аталаннă индустриллĕ-аграрлă регион пулса тăрать, унăн нумай отраслĕллĕ экономика, çавăн пекех вăл Пĕтĕм Союзра ĕçе территори тăрăх пайлас енĕпе тивĕçлĕ вырăн йышăнать.

Республикăра ытти халăхсем тăванла пулăшнипе икçĕр ытла заводпа фабрика туса лартнă тата вĕсене ку чухнехи технологипе пуянлатнă. Çак предприятисем республикăн пĕрпĕтĕм индустри аталанăвне лайăх кăтартса параççĕ, вĕсен шутĕнче электротехника отраслĕ уйрăмах палăрăх вырăн йышăнать.

Революциччен Астраханьпе Мускава тата Крыма Хусанпа çыхăнтаракан лаша çулĕсем хĕресленнĕ вырăнта ларнă Саранск хули питĕ сахал çынна йышăнма пултаракан тата çав тери сахал тавар сутса пурăннă пĕчĕк хула çеç пулнă. Тепрен илсен, тавар, пулă, ытти пирпар улăштарма килсе çÿре[illegible]

[illegible]

чуграна килсе тăракан тимĕртамарсăр Саранск металĕ пулманнине эпир лайăх пĕлетпĕр. Ульяновскпа Ленинградран — каучук, Çĕнĕ Шупашкартан кислота ярса памасан пирĕн резина-техника изделийĕсем: шлангсем, пиçиххисем тата ытти таварсем пулмаççĕ. Череповецпа Магнитогорскран металпа прокат ярса памасан та мордвасен автосамосвалсем, экскаваторсем, çул-йĕр тăвакан машинăсем пулмаççĕ. Çавăн пекех эпир хамăран продукцисемсĕр ытти регионсенче те чылай япала пулманнине лайăх ăнланатпăр. Чăн-чăн интернационализм шăпах çак «пĕлÿсемпе» ăнлавсенчен» пуçланать те ĕнтĕ, пирĕн Совет çĕршывĕ ун çинче тытăнса тăрать тата малашне те çаплах пулĕ.

Экономикăн аграрлă отрасле малалла пысăк утăм турĕ. Совет влаçĕн çулĕсенче производствăна вăйлă аталантарнă. Тĕп производство фончĕсем вуншар хут ÿснĕ, удобренисем, техника, ытти пурлăх хатĕрĕсем парса тăрасси чылай пысăкланнă, ĕçшĕн тÿлесси ÿснĕ. Пурăнмалли çурт-йĕр, шкулсемпе больницăсем, ача сачĕсем, клубсем, библиотекăсем чылай нумайрах тума пуçларăмăр. Ял çыннине социаллă пурнăçра лайăх пурăнма мĕнпур условисем туса памасăр социализмла цивилизаци пирки каласма та çук.

Агропромышленность комплексĕ хăйĕн интернационалла тивĕçне кирлĕ пек пурнăçлатăр тата хăйне валли [illegible]

[illegible]

ленĕвĕпе пĕрлех унăн ăс-хакăл пуянлăхĕ те ÿссе пына. Палла ĕнтĕ, наци культури нимĕн те çук çĕрте аталанаймасть. Вăл халăхăн темиçе ĕмĕрхи пултарулăхĕпе тăча çыхăннă. Ку чухнехи сăнсăпатне пуянлатса, вăл наукăпа тата техникăпа пĕрле этеме цивилизацин çĕнĕ пусăмне патне илсе çитерет. Наци культура вăйĕсене — халăхăн ăс-хакăл çăлкуçне упраса хăварасси тата аталантарасси чаннипех те çăвăпла ĕç пулса тăчĕ. Ку вăл çапла пулнă тата малашне те çавăн пекех пулать: наци пуянлăхне пĕтĕм этемлĕхĕн ăс-хакăл пуянлăхĕпе çыхăнтарсан вăл интернациллĕ тивлет пулса тăрать. Çакăн пек тăвас тесе мордва интеллигенцийĕ вăй-хала шеллесе тăман, ăс-хакăл ырлăхне ÿстерсе пыракан тĕп вăй пулса тăрать, ку енĕпе 30-мĕш çулсенчи культура революцийĕ лайăх вăрлăх акса хăварнă. Мордва культурипе наукин чаплă деятелĕсем — С. Эрьзя скульптор, Ф. Сычков художник, И. Яушев юрăç, Л. Кирюков композитор, Т. Михайлова балерина хăйсен творчествипе Мордва çĕрне чапа кăларнă, вĕсем тивĕçлипех тăван наци мухтавĕ шутланаççĕ, кунпа пĕрлех вĕсем çĕршыв тата тĕнче культурине аталантарма нумай пулăшнă. Мĕншĕн тесен культурăпа искусствăри паллă çитĕнÿсем пурте наци тата интернациллĕх хутшăнăвĕсенче çуралаççĕ.

Пирĕн çĕршывăн ăс-хакăл [illegible]

[illegible]

лăхĕсем ытти халăхсемпе пĕрле автономиллĕ республикăн социаллă пурнăçпа экономика аталанăвĕнчи çивĕч ыйтусене пĕр тан вăй хурса татса параççĕ, унăн управлени органĕсенче кунта пурăнакан тĕрлĕ наци çыннисем ĕçлеççĕ. Социализмла мордва нацийĕн малашнехи аталанăвĕн ыйтăвĕсене эпир пĕр-пĕрне кÿрентермесĕр тата тĕреслĕхе пăсмасăр татса паратпăр — ку енĕпе республикăра ятарлă программа туса хатĕрленĕ.

Çапах та Мордва республикинче наци ыйтăвĕ çук тесе çăмăллăн калани тĕрĕс пулмĕччĕ. Паллах, çак ыйту пур, анчах вăл социаллă пурнăçпа культура задачисене татса панипе пĕрле пурнăçланса пырать.

Уйрăм ыйту — чĕлхене аталантарасси, унсăрăн наци пулма та пултараймасть. Юлашки çулсенче республикăра истори тĕлешĕнчен йĕркеленсе çитнĕ икчĕлхелĕхе аталантарас енĕпе мордва халăхĕн чĕлхи сине тимсĕртерех пăхни сисĕннĕ, халĕ çав ситменлĕхсене утăм хыççăн утăм туса пĕтерсе пыратпăр. Кăçал тăван чĕлхене вĕрентекен 22 шкул хушăннă. Паллах, ĕнтĕ, кунта харпăр хăйĕн ирĕклĕхĕн принципне сирĕп тытса пыратпăр. Хальхи вăхăтра республикăра çавăн пек шкулсем 336, ку вăл вĕсен пĕтĕм хисепĕн 40 процентĕ шутланать. Мордва чĕлхисене вĕрентмелли телевиденипе радио урокĕсене тăтăшах иртерме тытăннă. Хăшпĕр район хаçачĕсене ятарласа наци чĕлхисемпе — ирçе, мăкшă, тутар чĕлхисемпе кăлараççĕ.

Çĕнетÿ мĕнпур халăхсене этемлĕхĕн ... [illegible]

[illegible]

# КАНДИДАТСЕНЕ РЕГИСТРАЦИЛЕНĔ

**Январĕн 9-мĕшĕнче 192-мĕш Железнодорожнăй территори суйлав округĕ тăрăх РСФСР халăх депутатне суйлас тĕлĕшпе ĕçлекен округри суйлав комиссийĕн ларăвĕ пулса иртнĕ. Унта РСФСР халăх депутатне суйлама çак кандидатсене регистрациленĕ:**

Вениамин Петрович Волков, 1958 çулта çуралнă, Чăваш АССРĕнчи Елчĕк районĕнчи «Коммунизм» колхозри профсоюз комитечĕн председателĕ, КПСС членĕ, çак районти Аслă Шатьаль ялĕнче пурăнать;

Иван [illegible] Гурин, [illegible]

Елена Петровна Кассирова, 1956 çулта çуралнă, Чăваш АССРĕнчи Елчĕк районĕнчи Ленин ячĕпе хисепленекен колхозри парти комитечĕн секретарĕ, çак районти Аслă Елчĕк ялĕнче пурăнать.

Михаил [illegible]

[illegible] ...ертÿçи «Чебоксарский» ялти строительство комбиначĕн начальникĕ, КПСС членĕ. Шупашкарта пурăнать.

**ШУПАШКАР ХУЛИНЧИ КАЛИНИН РАЙОНĔ ТĂРĂХ**

**24-мĕш Николаев суйлав округĕ**

Виктор Александрович Рубцов, 1947 çулта çуралнă, «Шупашкарти промышленность тракторĕсен завочĕ» производство [illegible]

...местителĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Иван Тимофеевич Петров, 1941 çулта çуралнă, «Спецстроймеханизаци» трестăн 5-мĕш строительство управленийĕн аслă прорабĕ, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать.

**ШУПАШКАР ХУЛИНЧИ МУСКАВ РАЙОНĔ ТĂРĂХ**

**42-мĕш Северная суйлав округĕ**

[illegible]

© Нина Ивановна Пронина — Çĕмĕрлери автофургонсен комбинатĕнчи ĕç ветеранĕ. 32 çул пиллĕкмĕш сборка цехĕнче отделочница пулса тăрăшать. Пилĕк уйăх каялла вăра вĕна бригадира суйларĕç. Пронина бригади çĕнĕ çулта пысăк палăрăхлă ĕçлеме пуçларĕ.

Ю. Дмитриев фотоӳкерчĕкĕ.

...параççĕ, вĕсен шутĕнче электротехника отраслĕ уйрăмах палăрса вырăн йышăнать.

Революцичченхи Астраханьпе Мускава тата Крыма Хусанпа çыхăнтаракан лаша çулĕсем хĕресленнĕ вырăнта ларнă Саранск хули питĕ сахал çынна йышăнма пултаракан тата çав тери сахал тавар сутса пурăнакан пĕчĕк хула çеç пулнă. Тепрен илсен, тавар, пулă, [illegible]

...расси чылай пысăкланнă, ĕçшĕн тӳлесси ӳснĕ. Пурăнмалли çурт-йĕр, шкулсемпе больницăсем, ача сачĕсем, клубсем, библиотекăсем чылай нумайрах тума пуçларăмăр. Ял çыннине социаллă пурнăçра лайăх пурăнма мĕнпур условисем туса памасăр социализмла цивилизаци пирки каласма та çук.

Агропромышленность комплексĕ хăйĕн интернационаллă [illegible]

...Кирюков композитор, Т. Михайлова балерина хăйсен творчествипе Мордва сене чапа кăларнă, вĕсем тивĕçлипех тăван наци мухтавĕ шутланаççĕ, кунпа пĕрлех вĕсем çĕршыв тата тĕнче культурине аталантарма нумай пулăшнă, мĕншĕн тесен культурăпа искусствăри паллă ситĕнӳсем пурте наци тата интернациллĕ хутшăнăвĕсене çуралаççĕ.

Пирĕн çĕршывăн ĕç-хăй [illegible]

...палăх, ĕнтĕ, кунта [illegible] сирĕп тытса выратпăр. Хальхи вăхăтра республикăра [illegible] шкулсем 336, [illegible] 40 процентне шутланать. Мордва чĕлхипе [illegible] телевиденипе радио урокĕсене тăтăшах ирттерме тытăнчĕ. Хăшпĕр район хаçачĕсене [illegible] кăларса [illegible] мокша, [illegible] чĕлхисемпе [illegible] кăлараççĕ. [illegible]

# КАНДИДАТСЕНЕ РЕГИСТРАЦИЛЕНĔ

**Январĕн 9-мĕшĕнче 892-мĕш Железнодорожнăй территори суйлав округĕ тăрăх РСФСР халăх депутатне суйлас тĕлĕшпе ĕçлекен округри суйлав комиссийĕн ларăвĕ пулса иртнĕ. Унта РСФСР халăх депутатне суйлама çак кандидатсене регистрациленĕ:**

Вениамин Петрович **Волков**, 1958 çулта çуралнă, Чăваш АССРĕнчи Елчĕк районĕнчи «Колос» колхозри профсоюз комитечĕн председателĕ, КПСС членĕ, çак районти Аслă Шахаль ялĕнче пурăнать;

Иван Якимович **Гурип**, 1953 çулта çуралнă, Чăваш АССРĕнчи Тăвай районĕнчи «Кубнинский» совхоз директорĕ, КПСС членĕ, çак районти Чутей ялĕнче пурăнать;

Евгений Иванович **Карпеев**, 1944 çулта çуралнă, Чăваш АССРĕнчи Комсомольски районĕнчи «Россия» колхоз председателĕ, КПСС членĕ, çак районти Александровка ялĕнче пурăнать;

Елена Петровна **Кассирова**, 1956 çулта çуралнă, Чăваш АССРĕнчи Елчĕк районĕнчи Ленин ячĕпе хисепленекен колхозри парти комитечĕн секретарĕ, çак районти Аслă Елчĕк ялĕнче пурăнать;

Михаил Владимирович **Киселев**, 1948 çулта çуралнă, Канашри вагонсем юсакан заводри электросварщик, КПСС членĕ, Канашра пурăнать;

Валерий Юрьевич **Михайлов**, 1957 çулта çуралнă, Чăваш АССРĕнчи Комсомольски районĕнчи «Октябрь ялавĕ» хаçат редакторĕ, КПСС членĕ, Комсомольски ялĕнче пурăнать.

* * *

**Чăваш АССР халăх депутачĕсене суйлас тĕлĕшпе ĕçлекен округри суйлав комиссийĕсем çак кандидатсене регистрациленĕ:**

## ШУПАШКАР ХУЛИНЧИ ЛЕНИН РАЙОНĔ ТĂРĂХ

### 3-мĕш Ленин суйлав округĕ

Владимир Аверкиевич **Алексеев**, 1956 çулта çуралнă, Шупашкарти автомобильсем юсакан завод мастерĕ, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать;

Дмитрий Гаврилович **Быканов**, 1936 çулта çуралнă, СССР Госбанкĕн Чăваш республикинчи управленийĕн начальникĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Борис Васильевич **Викторов**, 1933 çулта çуралнă, «Чувашэнерго» производствăпа энергетика пĕрлешĕвĕн управленийĕн инженерĕ, КПСС членĕ, Çĕнĕ Шупашкарта пурăнать;

Анатолий Викторович **Димитриев**, 1955 çулта çуралнă, Шупашкарти пассажирсем илсе çӳрекен автотранспортăн производство пĕрлешĕвĕн водителĕ, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать;

Георгий Иванович **Иванов**, 1948 çулта çуралнă, Чăваш АССР Шалти ĕçсен министерствин пушар хурал управленийĕн начальникĕн заместителĕн ĕçĕсене туса пыраканĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Петр Иванович **Курчин**, 1945 çулта çуралнă, «Медтехника» производствăпа сутуилӳ пĕрлешĕвĕн электромеханикĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Станислав Романович **Малютин**, 1929 çулта çуралнă, Чăваш АССР Министрсен Совечĕ çумĕнчи чĕлхе, литература, истори тата экономика наука тĕпчев институчĕн директорĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Михаил Петрович **Николаев**, 1948 çулта çуралнă, СССР Шалти ĕçсен министерствин Шупашкарти милицин ятарлă вăтам шкулĕн начальникĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

### 7-мĕш Заводской суйлав округĕ

Николай Матвеевич **Матвеев**, 1937 çулта çуралнă, И. Я. Яковлев ячĕпе хисепленекен Чăваш государство педагогика институчĕн доценчĕ, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать;

Александр Игоревич **Соколов**, 1951 çулта çуралнă, Чăваш краеведени музейĕн пай заведующийĕ, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать;

Владимир Глебович **Ткаченко**, 1958 çулта çуралнă, Чăваш АССР Министрсен Совечĕ çумĕнчи Архив управленийĕн начальникĕн заместителĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

### 19-мĕш Çĕнĕ Лапсар суйлав округĕ

Николай Германович **Иванов**, 1948 çулта çуралнă, «Чувашагромпромдорстрой» пĕрлешĕвĕн куçса çӳрекен механизациленĕ çул-йĕр колоннин тĕп бухгалтерĕ, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать;

Эдуард Алексеевич **Кубарев**, 1939 çулта çуралнă, «Чувашагропромстрой» пĕрлешĕвĕн «Спецстрой» тресчĕн управляющийĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Виктор Александрович **Мазик**, 1939 çулта çуралнă, «Чувашагропромстрой» пĕрлешĕвĕн «Чебоксарский» ялти строительство комбиначĕн начальникĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

## ШУПАШКАР ХУЛИНЧИ КАЛИНИН РАЙОНĔ ТĂРĂХ

### 24-мĕш Николаев суйлав округĕ

Виктор Александрович **Рубцов**, 1947 çулта çуралнă, «Шупашкарти промышленность тракторĕсен завочĕ» производство пĕрлешĕвĕнчи ДОСААФ комитечĕн председателĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Юрий Ксенофонтович **Федоров**, 1936 çулта çуралнă, Чăваш АССР Халăх контроль комитечĕн председателĕн заместителĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Чонгар Михайлович **Шлепнев**, 1932 çулта çуралнă, Шупашкарти «Энергозапчасть» сăнавлă-экспериментлă завод директорĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

### 31-мĕш Кадыков суйлав округĕ

Всеволод Михайлович **Михайлов**, 1951 çулта çуралнă, 5-мĕш стройтрестăн 11-мĕш строительство управленийĕн бригадирĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

### 32-мĕш Бауман суйлав округĕ

Александр Ильич **Кудрявцев**, 1950 çулта çуралнă, «Шупашкарти промышленность тракторĕсен завочĕ» производство пĕрлешĕвĕн слесарь-сборщикĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Владимир Алексеевич **Павлов**, 1957 çулта çуралнă, «Текстильмаш» производство пĕрлешĕвĕн слесарĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

### 33-мĕш Комсомольски суйлав округĕ

Николай Иванович **Алексеев**, 1936 çулта çуралнă, Шупашкарти КПСС XXIV съезчĕ ячĕпе хисепленекен агрегат завочĕн инженер-конструкторĕ, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать;

Михаил Дмитриевич **Кириллов**, 1945 çулта çуралнă, «Чувашкабель» производство пĕрлешĕвĕн генеральнăй директорĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

### 40-мĕш Алькеш суйлав округĕ

Владислав Иванович **Васильев**, 1950 çулта çуралнă, «Спецстроймеханизация» трестри парти комитечĕн секретарĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Владислав Петрович **Лукин**, 1956 çулта çуралнă, Отрасльсен пĕрлехи «Куç микрохирургийĕ» наука техника комплексĕн Шупашкарти филиалĕн директорĕн заместителĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Иван Тимофеевич **Петров**, 1941 çулта çуралнă, «Спецстроймеханизация» трестăн 5-мĕш строительство управленийĕн аслă прорабĕ, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать.

## ШУПАШКАР ХУЛИНЧИ МУСКАВ РАЙОНĔ ТĂРĂХ

### 42-мĕш Севернăй суйлав округĕ

Сергей Петрович **Березкин**, 1950 çулта çуралнă, Шупашкарти шывпа тата пылчăкпа сиплекен лечебницăн главнăй врачĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Алексей Никонович **Степанов**, 1947 çулта çуралнă, «Васкавлă медицина пулăшăвĕ» пĕрлешĕвĕн генеральнăй директорĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

### 49-мĕш Çĕçпĕл суйлав округĕ

Владимир Иванович **Глотов**, 1946 çулта çуралнă, «Чувашспецремстрой» трест управляющийĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Петр Дмитриевич **Макаров**, 1954 çулта çуралнă, республикăри 2-мĕш больницăн уйрăм заведующийĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Елена Антоновна **Павлова**, 1941 çулта çуралнă, «Васкавлă медицина пулăшăвĕ» пĕрлешĕвĕн уйрăм заведующийĕ, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать;

Валерий Андреевич **Петров**, 1957 çулта çуралнă, ВЛКСМ Чăваш обкомĕн пĕрремĕш секретарĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Гиля Фазыловна **Султанова**, 1928 çулта çуралнă, И. Н. Ульянов ячĕпе хисепленекен Чăваш государство университечĕн кафедра заведующийĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

### 60-мĕш Чернышевский суйлав округĕ

Леонид Юрьевич **Александров**, 1961 çулта çуралнă, Шупашкар хулинчи коммуналлă хуçалăхăн производство пĕрлешĕвĕн ятарлă автохуçалăхĕн гараж начальникĕ, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать;

Игорь Евгеньевич **Иванов**, 1957 çулта çуралнă, Шупашкарти çамрăксен çурт-йĕр комплексĕн организациллĕ комитечĕн председателĕн заместителĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Ильдар Нуртдинович **Шакиров**, 1946 çулта çуралнă, В. И. Чапаев ячĕпе хисепленекен производство пĕрлешĕвĕнчи парти комитечĕн секретарĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

---

...не кунта кунçасем. Халĕ вăл çĕршывăн çута техники туса кăларакан центр пулса тăнă. Россия Федерацийĕнчи çутатакан йĕркеллĕ кашни пиллĕкмĕш электролампа тата кашни виççĕмĕш люминесцентлă лампа Саранскри «Светотехника» пĕрлешӳ конвейерĕ çинчен тухаççĕ. Çĕршыври кашни пиллĕкмĕш пĕр курккаллă экскаватора тата кашни виççĕмĕш ятарлă преобразователе те Саранскрах кăлараççĕ. Республикăн промышленность предприятийĕсен маркине чикнĕ лĕш енчи 60 çĕршывра та лайăх пĕлеççĕ. Монголипе Болгарире, Кубăпа Вьетнамра, Сирипе Иранра — çĕр чăмăрĕн нумай кĕтессенче çынсем Саранскра туса кăларнă микрохевелсем, хăйсен çутипе вĕсем пĕр-пĕринчен пиншер километр аякра пурăнакан ыра кăмăллă мĕнпур çынсене туслаштараççĕ.

Пирĕн «экспорт-импорт» тăрăх хаклас пулсан, çакăн пек пĕтĕмлетӳ тума пулать: пĕтĕм çĕршыв республика валли ĕçлет тата республика пĕтĕм çĕршыв валли ĕçлет. Пирĕн продукцие илсе тăракансемпе хăйсен изделийĕсене пирĕн республикăна ăсатакансен адресĕсене кӳ чухнехи электронлă шутлав машинни çеç шута илме пултарать. Хамăрăн продукцие эпир çулталăкра пурĕ 2,5 миллиард тенкĕлĕх 68 республикăпа облаçа ăсататпăр тата çавăн чухлех çĕршывăн 62 регионĕнчен продукци илсе тăратпăр. Мордва промышленность продукцине туса кăларас ĕçе кашни совет çынни хутшăнать. Çак ĕç ССР Союзĕнчи халăхсен тăванлăхĕпе тата туслăхĕпе çуталса тăрать, пĕр-пĕрин хушшинче пурлăх тĕлĕшĕнчен сутă-илӳ тума тата ăсхакăл пуянлăхĕсемпе палăштарма май парать. Черновцыран илсе килекен хĕртсе тасатнă çĕркăмăрăксăр, Кантăр Уралтан ярса паракан чугунсăр тата Кременчук заводĕн ... кирлĕ чухлĕ апат-çимĕç продукчĕсем туса илтĕр, савăн пекех çак сферăра вăй хуман ытти çынсене те тăрантарма пултартăр тесе государство сахал мар укçа-тенкĕ уйăрчĕ. Паян республика кашни çын пуçне 92 килограмм аш-какай, 557 — сĕт, 88 килограмм пахча-çимĕç тата улма-çырла туса илет. Ялта пурăнакан кашни çын халĕ туса хунă ыра пурнăçра хăй тӳрремĕнех вăй хунине курма тата ăна хăйĕн ырлăх-пуянлăхĕ вырăнне хурса йышăнма пултарать.

Çакă вăл интернационаллă пуянлăх çеç мар, наци пуянлăхĕ те. Мĕншĕн тесен республикăри ял ĕçченĕсенчен çурри ытла тĕп наци çыннисем. Çавăнпа та иçетри ялсене çĕнĕрен аталантарасси — вăл унта пурăнакан çынсен: мордвасен, вырăссен, тутарсемпе ытти халăхсен наци йăли-йĕркине малалла аталантарасси те. Çакăнпа çыхăннă такаксен тĕллевĕ — интернационаллă таса тивĕç — тĕрлĕ наци çыннисем кирек хăш вырăнта пурăнаççĕ пулсан та вĕсен пурнăç шайне пĕр пек ӳстерсе пырасси. Хальхи вăхăтра çакна валли укçа-тенкĕ шеллеви киревсĕр ялала, вăл пирĕн политикăна хирĕçлет, мĕншĕн тесен яллă вырăнта пурăнакан вунишар пин çын, çав шутра тĕп наци çыннисем те социаллă тĕрĕслĕх туса хурасса кĕтеççĕ. Ана мĕн чухлĕ хăвăртрах тăваççĕ, пуриншĕн те çавăн чухлĕ лайăхрах — апат-çимĕç те çителĕклĕ, кăмăл та тулли пулĕ. Çакăн пек принциплă позици йышăнассĕ çĕнетӳ вăхăтĕнче республикăри парти, совет, хуçалăх органĕсем. Çак позицие ялăн социаллă пурнăçне тĕпрен çĕнетсе улăштарас тĕлĕшпе ятарласа туса хатĕрленĕ комплекслă программăра усăмлăн палăртса хăварнă тата ăна пурнăçа кĕртме пуçланă.

Мордва нацийĕн социаллă пурнăçпа экономикăри çĕк... уйрăлми çыхăннă. Культура революцийĕ букварьтен пуçланнă пулсан, паян республикăра 133 пин çын вăтам шкулсенче, 22 пин çын — аслă шкулсенче, 16 пин çын техникумсенче тата техника профессийĕ паракан училищĕсенче вĕренеççĕ. Наукăра пахалăх тĕлĕшĕнчен пысăк улшăнусем пулса иртнĕ. Хальхи вăхăтра республикăра наука кандидачĕсем 800 тата наука докторĕсем 60. Вĕсем çамрăксене чăнлипех ырă ĕçсем тăвакансем пулма вĕрентсе хатĕрлеççĕ.

Мордва çĕрĕ çине килекен хăнасем час-часах пирĕн республикăна çĕршыва хăйне евĕр пĕчĕклетсе кăтартса пани вырăнне хураççĕ. Чăнах та, хăйĕн чиккисемпе вăл Союз евĕрлех, кунта нумай наци çыннисем пурăнаççĕ. Паян Мăкшă тата Сăр юханшывĕсем хушшинче 40 ытла пысăк тата пĕчĕк йышлă халăхсен представителĕсем пурăнаççĕ. Çав шутра вырăссем 58 процент, мордвасем — 34, тутарсем 5 процент. Наци ушкăнĕсем уйрăм вырăнсенче пурăнни май, республикăра нацисем хушшинчи хутшăнусем те хăйне евĕр йĕркеленнĕ. Анчах та интерессем тĕрлĕрен пулни шайлашăва çирĕплетме чăрмантармасть. Пирĕн нацисемпе халăхсем утмăл çул ĕнтĕ туслă çемьере пурăнаççĕ, вĕсем социаллă пурнăçри чухăнлăхпа хутпĕлменлĕхе пĕрле пĕтерсе пынă. Мордва халăхĕ кирек хăçан та — савăнăçра та, хуйха-суйхăра та — шанчăклă тусĕ — вырăс халăхĕ куллен-кун пулăшнине туйса тăнă, вырăс халăхĕ Октябрьти революци хыççăнхи йывăр ĕçе — пĕчĕк йышлă халăхсене аталану çулĕ çине тухма пулăшассине хăй çине илнĕ. Çак интернационаллă таса тивĕçе вăл чыслăн пурнăçланă, нацисем хушшинчи хутшăнусен тĕлĕнмелле паха тĕслĕхĕсене кăтартнă.

Мордва, тутар, вырăс ха... патне ситмешнĕн сунат хушать. КПССăн наци ыйтăвĕпе хатĕрленĕ платформи государство, хуçалăх тата культура строительствин мĕнпур енĕсенче автономиллĕ республикăсен прависене палăрмаллах пысăклатнă. Совет социализмлă государствăсем пулса, вĕсем хăйсен территорийĕнче администрацие территори пайланăвĕн, сутçанталăка сыхлас, наци культурипе чĕлхине аталантарас, палăксене упрас ĕçĕн мĕнпур ыйтăвĕсене хăйсем татса пама тытăнаççĕ. Паллах ĕнтĕ, хăйсен наци-территори пĕрлешĕвĕн тулашĕнче пурăнакан граждансем пирки те ытларах тăрăшаççĕ. Çапла, эпир республика тулашĕнче çĕршывăн тĕрлĕ кĕтесĕсенче — Атăл тăрăхĕнчен Армени сити тата Калининградран Сахалина çити пĕр вырăнта пурăнакан мордва çыннисене пирĕн республикăн уйрăлми пайĕ тесе шутлатпăр. Унта нумай та, сахал та мар мордва нацин 880 пин представителĕ пурăнать, хăй вăхăтĕнче вĕсем урăх çĕре куçса кайнă. Вĕсене хăйсен наци сăн-сăпатне упраса хăварма пулăшасси — пирĕн нравственность тĕлĕшĕнчи тивĕç. Çак шухăша пурнăçа кĕртмелли вариант — республика тулашĕнче пурăнакан мордва çыннисем валли облаçсенче культура центрĕсем туса хуни.

Кашни халăхăн историйĕ пĕрре кăна. Ана уйрăм вырăнта пытарса тăма та, çĕнĕрен çырса хатĕрлеме те май килмест. Мордва халăхĕн историйĕ пĕтĕм союз историйĕпе уйрăлми çыхăннă. Вăл пĕрлехлĕ интернационаллă суртра пурăнни харпăр хăйĕн уйрăм наци ыйтăвĕсем тăрăх саланса кайнинчен нумай лайăхрахине кăтартса парать. Эпир пурçăмăр та пĕрлехлĕ шăпапа тата тĕллевсемпе çыхăннă. Пурçăмăр та пĕрле çĕнĕ пурнăç тăватпăр.

# АШ-КАКАЙ ЫТЛАРАХ ПУЛĔ-И?

Иртнĕ çул РСФСРти Хура тăпраллă мар зонăри автономиллĕ республикăсемпе облаçсем аш-какай туса илессине питĕ сахал ӳстернĕ, малтан палартнă тĕллевсем пурнăçланайман. Сысна ашĕ туса илессине ӳстерейменни, сысна ашĕ туса илекен комплекссем пĕтĕм хăватпа ĕçлейменни уйрăмах пăшăрхантарать. Сăлтавĕ те паллă: тыр-пул тухăçĕ пĕчĕк пулнă май, вĕсем валли фураж сахал уйăрни.

Сысна ашĕ ытларах туса илме килти хушма хуçалăхсем нумай пулăшма пултараççĕ. Юлашки çулсенче, чăн та, ялта пурăнакансенчен чылайăшĕ килте выльăх ытларах усрама тытăннă. Аш-какайне хăйсем валли те, сутмалăх та хатĕрлеççĕ. Çапах та çакна çителĕклĕх теме çук. Мĕн кансĕрлет-ха ял çыннисене килте выльăх тытма? Колхозсемпе совхозсем чылай чухне вĕсене çура сахал сутаççĕ. Хакĕ те тивĕçтермест. Выльăх апачĕ çителĕксĕр уйăрни те чăрмав кӳрет.

Çак кăткăс ыйтусене сӳтсе явас тĕллевпе иртрĕ те пирĕн республикăра Хура тăпраллă мар зонăри облаçсемпе автономиллĕ республикăсен Агропромĕсенчи выльăх-чĕрлĕх пайĕсен начальникĕсемпе тĕп специалисчĕсен икĕ кунлăх семинарĕ.

Унăн ĕçне хутшăннисем Муркаш районĕнчи «Свобода» тата «Сеятель» колхозсенче пулса курчĕç, сысна фермисен коллективĕсен ĕçĕ-хĕлĕпе паллашрĕç. Çав колхозсен председателĕсем К. Е. Сретинскийпе Х. Я. Волков сысна ĕрчетессине мĕнле йĕркелени çинчен каласа пачĕç, ферма çурчĕсене, выльăх-чĕрлĕхĕсене кăтартрĕç. Ферма ĕçченĕсем хăйсен ĕçĕпе, кану условийĕсемпе паллаштарчĕç.

Малалла семинар «Ромашка» профилакторин кино кăтартмалли залĕнче иртрĕ. Унта РСФСРти Хура тăпраллă мар зонăри Госагропромăн сысна ĕрчетекен пай начальникĕ Н. С. Руденко тата Чăваш АССР Госагропром председателĕн заместителĕ В. Я. Шадриков тухса каларĕç.

Семинарта Орел, Киров, Тула, Мускав облаçĕсен, Удмурт, Мордва автономиллĕ республикăсен представителĕсем хăйсен ĕç опычĕпе паллаштарчĕç. Муркаш районĕнчи выльăх-чĕрлĕх пахакансен ĕçне пысăк хак пачĕç. Чăваш республикинче сысна ашĕ туса илес тĕлĕшпе пĕчĕк фермăсен майĕсемпе пĕлсе усă курнине ырларĕç.

Семинар ĕçне РСФСРти Хура тăпраллă мар зонăри Госагропромăн Главживотноводпром председателĕн пĕрремĕш заместителĕ Ю. В. Горбунов, КПСС обкомĕн секретарĕ М. Я. Якимов хутшăнчĕç.

**С. КАРЯГИН.**

## ТĂВАН СССР ÇĔРШЫВРА

ТАСС КОРРЕСПОНДЕНЧĔСЕМ ПЕЛТЕРЕÇÇĔ

### Кишинев

Çĕнĕ çултан пуçласа Кишиневри граждан вăрçи геройĕсен Г. И. Котовскипе С. Г. Лазон государство музейĕ хусалĕха тытса пымалли çĕнĕ условисем çине куçнă. Турист организацийĕсемпе предприятисен, республикăри шкулсен ыйтăвĕсене тивĕçтерес тĕлĕшпе договорсем туса, вăл республикăри çапăçупа революци мухтавĕн вырăнĕсем тăрăх автобуссемпе экскурсие илсе çÿрет, лекцисем иртерет. Пухăвнă укçа-тенкĕпе музей сотрудникĕсен пурнăçне лайăхлатма, экспонатсене пуянлатма усă курать.

### Орел

Орел облаçĕнчи Ливны район больницинчи çĕнĕ йышши медицина техникипе диагностика аппаратури туянма пултарать. «Ливгидромаш» пĕрлешÿпе Орел облаçĕнчи пĕрремĕш «Ливны» агропромышленность комбиначĕн коллективĕсем медиксем валли валюта уйăрса панă. Облаçри ытти предприятисемпе организацисем те сиплев учрежденийĕсем валли укçа-тенкĕ куçарма тытăннă. Çакна тума чикĕ леш енчи партнерсемпе тÿрĕ çыхăнусем йĕркелени пулĕшнĕ.

### Çĕнĕ Уренгой

Тюмень облаçĕнчи Çĕнĕ Уренгой хулинчи çĕнĕ хваттерсене куçакансем чикĕ леш енчи партнерсемпе суту-илÿ çыхăнăвĕ йĕркеленин çĕнĕ формисене пысăка хурса хакланă. Унччен пушă тăнă «Кил-çурт валли таварсем» магазинра пилĕк тĕслĕ илемлĕ гарнитур сутма илнĕ. Ку сĕтел-пукана Çĕнĕ Уренгоя Румынирен илсе килнĕ. Тăвана çĕршыва вара государство заказĕнчен ирттерсе хатĕрленĕ çутçанталăк газне ăсатнă.

### Сыктывкар

Сыктывкар хула Совечĕн ĕçтăвкомĕ телевидени пулăшнипе Коми АССР столици çыннисемпе ăслă çыхăнусем тытма, вĕсемпе дискуссисем ирттерме шухăшлă. Республикăри телевиденипе радио государство комитечĕ сумĕнче хускалăх расчечĕпе ĕçлекен «Виççĕмĕш канал» производствăпа творчество пĕрлешÿвĕ туса хунă. Çĕнĕ ĕçе виççĕмĕш программăпа рекламăсем памашкăн, хăйсен ситĕнĕвĕсемпе паллаштарма право илнĕ предприятисемпе организацисем укçа-тенкĕпе пулăшаççĕ.

# ТАПЧĂР ÇĂЛКУÇСЕМ!

Пурнаçра пулса иртекен улшăнусене витĕрех курас тесен, чылайранпа ситмен яла-хулана тепре пуçтарăнса тухмалла, унччен çÿренĕ çулсем тăрăх çене йĕр хывмалла. Вара кивви куçран сухалнине, çĕнĕ хуçав паркарах аталаннине ăнланса илетĕн...

Çак чăнлăха Йĕпреç поселокĕнче пулсан лайăх туйса илтĕм. Шупашкар — Улатăр автобусран çĕнĕ автостанцире анса юлтăм. Пысăк, тирпейлĕ çурт. Шалта — çула тухнисем валли аслă зал, унта пурте йĕркеллĕ, меллĕ. Ĕлĕкхи автостанцин йывăç çурчĕ поселок варринчеччĕ. Çеннине вара Йĕпреç тулашнерех кăларнă. Ку вăл хăех — экологишĕн тăрăшни. Сăмах май каласан, автомагистральсене те сывăх çулсенче поселок айккине кăларма палăртнă.

Автостанцирен поселок центрне автобус та çÿрет иккен. Анчах, çеннине курас тесен, çуран утнине мĕн ситтĕр? Акă, пысăк хуларинчен нимпе те кая мар тепĕр çурт — районти Культура керменĕ. Çыхăну узелĕн виçĕ хутлă çуртне тепрер область центрĕ те ăмсанмалла. Ача-пăча магазинĕ, библиотека валли чăннипех хÿхĕм çуртсем лартнă. Килен-каянсем чăрăнмалли йывăç çурта та пыраса тупаймарăм. Паян Йĕпреçре виçĕ хутлă «Чĕкеç» хăна çурчĕ пур. Унăн кантăкĕсенчен поселок центрĕ ывăç тупанĕ çинчи пек курăнать. Тĕлĕнмелле, пĕр вунпилĕк çул каярах кунта уйрăм çынсен çурчĕсем йĕркерен ларатчĕç, вĕтер-шакăр кантурсем пурччĕ. Халĕ нумай хутлă пурăнмалли çуртсем ÿссе ларнă. Юнашарах строительсем тата икĕ çурт никĕсне хываççĕ.

— Кунтах поселок Совечĕн çурчĕ те ÿссе ларать,— тет ĕçтăвком секретарĕ В. Волкова. — Авă, 1-мĕш вăтам шкулăн виçĕ хутлă çурчĕ. Йĕпреçри тепĕр вăтам шкул та çĕнĕ çурта куçрĕ. Часах Йăла комбиначĕн корпусне купалама пуçлаççĕ. Çапла, ĕçлетпĕр хамăр май, пурнăçран юлас теместпĕр.

Поселок Совечĕн ĕçтăвкомĕ хаклĕхе кивĕ çуртра-ха, çĕннине тума тытăнассĕ çес. Сапах та ĕçтăвкомăн виçĕ пÿлĕмне çынсем тĕрлĕ ыйтупа вĕçĕмсĕрех килсе тăниччен те Совет власĕн вăйне хушăнса пынине ăнлама пулать. Акă, Кутузов урамĕнчи общественăлла комитет председателĕ В. Тимуков хăйне мĕн хумхантарни çинчен тĕплĕн шухăшласа, васкамасăр каласа парать.

— Çакă килĕшмест мана. Пурте ăна та, кăна та ыйтаççĕ. Парса çитерейместĕн, — тет Виталий Иванович. — Мĕншĕн-ха кăштах урăхла шутлас мар. Хамăрăн вăй пĕтнĕ-и, хевте ситмест-и? Чăваш ĕлĕкрен сапла калана: халăх сурать — кÿлĕ пулать. Кашни сын сана таварсах пикенсен, апат-симĕс, çурт-йĕр программине чылай хăвăртрах тата государство укси-тенкине перекетлесерех татса пама май килет-ске.

## Суйлав умĕн

Ватă çын В. Тимуков коммунист. Совет органĕсенче нумай хушă ĕçленĕскер, чылайранпа пенсионер шутланать. Анчах пĕр самант та ĕççĕр ларас çук вăл. Ахальтен-и ăна пĕр урамра пурăнакансем яланах хăйсен председательне суйлаççĕ. Кутузов урамĕ пысăк мар — 21 кил. Пурин те харпăр хăй лартнă тирпейлĕ çурт. Нумайăшĕ пенсие тухнă. Анчах пурнăç сÿнмест. Пĕчĕк урамра пурăнакансем 14 ĕне усраççĕ, икшер сысна самăртаççĕ. Хур-кăвакал, чăх-чĕп йышлă. Чăн та, пахча вырăнĕ çинче сотăй çеç. Çапах та сакăн пек пĕчĕк хусалăх та харпăр хăй валли тĕрлĕ симĕс сителĕклĕ хатĕрлеме кăна мар, государствăна самаях сутма та пултарать, Кунта В. Тимуков тĕслĕхĕ паха. Пĕлтĕр вăл килти хусалăхран 3.2 тонна сĕт, 250 килограмм аш сутнă.

— Чылайăшĕ выльăх-чĕрлĕх ытларах тытма хатĕр, анчах пулăшăвĕ сахал, — пăшăрханать ветеран. — Утă улăм хатĕрлеме, кĕтÿ кĕтмелли вырăнсем уйăрса пама пулăшсан, эпир темисе хут суламларах таварса параттăмăр. Халĕ, авă, сутнă продукцишĕн комбикорм та сителĕклĕ илейместпĕр.

— Канăçсăр сын вăл, халăха нумай ĕçе пуçаруллăн тума явăстарать, — ăнлантарать ĕçтăвком секретарĕ. — Поселокри 63 урамра пурте Виталий Иванович пек тимлĕн тăрăшсанччĕ! 70 депутатран çурри хăть хăйсен тивĕçне чăннипех ăнланса илсен тата!

Ахальтен çапла ĕмĕтленмест Вера Михайловна. Советсене тулли власть парас тени вăл шăпах вĕсен ĕçне халăх хастар хутшăнмаллине пелтерет. Умра — çав тери пысăк ĕç. Çирĕплетнĕ программăпа килĕшÿллĕн, районта ситес çул 10,7 пин, вуниккĕмĕш пилĕксуллăхра вара — 28.3 пин тăваткал метр чухлĕ пурăнмалли çуртсем туса лартмалла. Ытларах пайне — Йĕпреç поселокĕнче.

Пурăнмалли çурт-йĕр ыйтăвĕ сивĕччине сак цифрăсем те çирĕплетеççĕ. Паянхи куна поселок Советĕнче хваттер черетне тăнисем 320 çын, унсăр пуçне предприятисемпе организацисенче 376 çын. Кăçал 94 хваттер ĕçе кĕртнĕ, 8 çын уйрăм çурт лартнă. Япăх мар темелле. Анчах строительствăна вăйлатмалли майсем пур-ха.

Чылаях пысăк промышленность предприятийĕсем, строительствăпа монтаж организацийĕсем вырнаçнă поселокра — вăрман комбиначĕ, сĕтел-пукан фабрики, электроизмерительнăй приборсен завочĕ, йывăç япаласем тăвакан завод, кирпĕч завочĕ, апат-çимĕç комбиначĕ, юсавпа техника предприятийĕ, юсавпа строительство управленийĕ, çул йĕр юсакан тата тăвакан управлени, «Агропромстрой» пĕрлешĕвĕн строительство организацийĕ. Пурте тенĕ пекех тулли хусалăх расчечĕ çине куçнă. Çапла вара социаллă пурнăçа аталантармашкăн укçа-тенкĕ нумайрах уйăрма пултараççĕ. Юлашки вăхăтра нумай хваттерлĕ, хăтлă çуртсем туса лартнă, çĕнĕ микрорайон йĕркеленĕ. Кунпа пĕрлех поселок Совечĕ харпăр хăй укси-тенкипе çурт-йĕр савăрма шутлакансене те манмасть. Кăçал кăна, вĕсен ыйтăвĕсене тивĕçтерсе, 15 гектар çĕр лаптăкĕ уйăрса панă, унта 200 çурт вырăнĕ.

— Ку вăл ĕç пуçламăшĕ кăна-ха, — тет В. Волкова. — Чи йывăрри — çурт-йĕр лартакансене материалсем тупса парасси, ытти енчен пулăшасси. Халлĕхе кирпĕч, цемент, йывăç материалсем питĕ сахал. Техника çук. Поселок Совечĕн укси-тенкипе тăвакан ĕçсем валли те Канашри организацисенчен транспорт хатĕрĕсем тилмĕрсе чун тухать. Ĕçтăвком председателĕ Г. Петров кашни эрнере тенĕ пек миçе хут ситет-ши унта?..

Тĕрĕс пăшăрханать Вера Михайловна. Вăл хăй те, ĕçтăвком председателĕ Г. Петров та совет ĕçĕнче çĕнĕ сынсем. Геннадий Михайлович султалăк çурă каярах çес-ха юсавпа строительство управленийĕн тĕп инженерĕ пулнă, В. Волкова, иртнĕ суйлав хыççăн секретарĕ суйличчен, районти тĕп перекет кассине ертсе пынă. Вĕсем социаллă пурнăçпа экономикăна аталантармалли плана, суйлавçăсен накаçĕсене ĕçе кĕртме нумай вăй хураççĕ. Халиччен 15 наказран пĕрни кăна пурнăçланман. Халĕ ăна та татса параççĕ — Пушкин урамĕнче магазин çурчĕ тума тытăннă.

Поселок Совечĕ час-часах пуçарулăх кăтартни çакантан та курăнать. Халиччен пĕчĕк учрежденисем хăйсене валли хваттерсем тума вăй ситереймен. Мĕншĕн-ха вĕсен укси-тенкине пĕрлештерес мар? Çапла майпа туса лартнă та поселок Совечĕн 50 хваттерлĕ çуртне. Унта банк учрежденийĕсенче, суту-илÿ предприятийĕсенче ĕçлекенсен семйисем пурăнма куснă. Çак меслет малалла саралать.

Укçа-тенкĕсĕр власть вăйе пулас çук. Çапла шутлать ĕçтăвкомăн тĕп бухгалтерĕ Е. Григорьева. Çирĕм сичĕ çул çак ĕçре Евгения Павловна. Поселок валли уйăрна укçа-тенкĕн кашни пуслне шутра тытать вăл. Анчах бюджет ÿсĕк çав. Акă, 1989 çулта 545 пин тенкĕ уйăрса панă. Вăл пĕтĕмпе тенĕ пекех шкулсене, сывлăх, культура тата ача-пăча учрежденийĕсене тытса тăма каять. Поселока тирпей илем кĕртме 43 пин тенкĕ, коммуналлă хусалăх нушисем валли 52 пин тенкĕ çеç уйăрнă. Ку вăл питĕ сителĕксĕр. Саванпа вырăнти Совет бюджетне йĕркелемешкĕн предприятисемпе организацисен тупăшĕн пĕр пайне куçарса памаллах. Ун чухне чылай пысăкрах ĕçсене тытăнма вăй ситĕччĕ.

Малашлăх сакăнпа сыхăннă та. Тĕслĕхрен, вуниккĕмĕш пилĕксуллăхра Йĕпреç поселокне çутçанталăк газĕ кĕртсе çитермелле, урамсене пурне те асфальт сармалла. Паллах, çак ĕçсене предприятисемпе организацисем тивĕçлипе хутшăнмасăр пурнăçа кĕртеймĕн. Халлĕхе вара вĕсене ертсе пыракансем хушшинче çакна ăнланаканисем сахал-ха. «Агропромхимия» пĕрлешÿ совечĕн председателĕ В. Пыркин — поселок Совечĕн депутачĕ, анчах вăл сессисенче те сайра-хутра çеç пулать. Ытти хашпер хусалăх руководителĕсем поселокри социаллă пурнăç ыйтăвĕсене татса парассинчен, тĕрлĕ сăлтав шыраса, пăрăнма тăрăшаççĕ.

Суйлавçăсен шанăçне тÿрĕ кăмăлпа пурнăçлакан, Совет пуçаракан кашни ĕçе хастар хутшăнакан депутатсем хушшинче районти строительство организацийĕн мастерне Л. Антоновăна, вăрман комбиначĕнче станочницăра ĕçленĕ А. Доминковăна, çарĕç комиссариатĕнчи С. Иванов водителе асăнчĕç. Вĕсем округри суйлавçăсене сахал мар ырă ĕç тума хутшăнтараççĕ, яланах тачă сыхăну тытаççĕ. Акă пĕр тĕслĕх. 82 сулхи А. Лебедева, пĕччен пурăнаканскер, хуралтăсем юхăнса ситнипе аптранă. Станислав Семенович Иванов депутат ватă сын нушине ăнланнă, ăна тĕрлĕ кантурсем тăрăх чуптарса çÿретмен. Темиçе сынна пухнă та хăйсен вăйĕпе çĕнĕ сарай туса панă. Поселок Совечĕн бюджетĕнчен тăлăха юлнă ватă сынсене уйăхра 30-шар тенкĕ парса тăни те депутатсен тимлĕхĕ синчен калать. Пĕлтĕр çак тĕллевпе 1.420 тенкĕ уйăрнă.

— Куратăр-и, мĕнле ÿссе илемленет пирĕн Йĕпреç, — савăнăçлăн каларĕ поселок Совечĕн ĕçтăвкомне пынă сынсенчен пĕри. — Йĕпреçе хула ятне памалла, теççĕ. Чăнах-ши?

Татса калаймăпăр. Юрĕ, Йĕпреç хули — ырă ĕмĕт пултăр. Анчах рабочисен поселокĕ, район центрĕ хула ячĕ илнипе чăннипех савăнтарать. Кунпа пĕрлех ыйтусем те кăткăсланассĕ. Вĕсене ялан асра тытасси, сине тăрса пурнăçласси — вырăнти власть органĕн, халăх депутачĕсен чылай тивĕçĕ. Поселокăн паянхи пурнăçĕнче сăн-сăпачĕнче çĕнетĕвĕн хăватлă çăлкуçĕсем пуррине куратпăр.

**А. НИКОЛАЕВ.**

Мускаври кашни кĕпер хăйне евĕрлĕ илемĕпе илĕртет. Вĕсенчен чылайăшĕ истори палăкĕ пулса тăрать. Сăмахран, Бородино кĕперне 1812 çулхи Отечественнăй вăрçĕ тата Бородино патĕнчи çапăçу пуçнăранпа 100 çул ситнĕ тĕле тунă.

Мускаври чи илемлĕ кĕперсенчен пĕри — сакăнса тăракан Крым кĕперĕ. Унăн тăрш...

## Çивĕч сигнал

# ЮХАНШЫВ... ФЕРМĂРАН ПУÇЛАНАТЬ

**Кам пĕлмест ĕнтĕ юханшывсем ăçтан пуçланнине: çăлкуçран, кÿлĕрен, шурлăхран... Чебоксарка текен юханшыв вара, ĕненетĕр-и, ĕненместĕр-и — фермăран «çула тухать». Ĕненменнисене адресне те калăпăр, кайсах курма пултаратăр: Шупашкар районĕ, Явăшри пушмак пăрусем усракан комплекс.**

Шоссепе юнашарах вăл. Ытти фермăсенчен нимĕнпех те уйрăлса тăмасть сак ферма. Укăлчапа юнашар, 150—200 пушмак пăру тытаççĕ кунта. Çак йышпа, паллах, самаях пысăк юханшыв пуçарса яма пулать ĕнтĕ. Çавăнпа та-и, тен, тислĕк шывĕ тÿрех сырмана шарласа ан кайтăр тесе, фермăпа юнашарти варта пĕве тунă. Çакăнта пухăнать чи малтан тасамарлăх. Пĕверен тÿрех сырмана кĕрлесе тухать, шоссе айĕпе хывнă пăрăх витĕр тахсан Чебоксарка шывĕ юхса тухнă çăлкуç патне çул тытать.

Юлашки вăхăтра юханшывсем типсе, ăшăхланса пыни пирки каласаççĕ. Чебоксарка шывĕ вара пĕр 300 метр «вăрăмланнă». Шăпах савăн чухлĕ висе уйăрса тăрать те ĕнтĕ фермăпа çăлкуса.

Халĕ сак хушă сарă-симĕсрех тĕслĕ пăрпа витĕннĕ. Çуллахи вăхăтра шыв сапсарă тĕслĕ пулать.

Эх, юхать тислĕк Чебоксарка шывĕпе хуланалла, Атăлалла васкать. Хамăр тĕлĕнетпĕр-ха: ăçтан муртан ĕрчесе кайнă Шупашкар тинĕсĕнче сальмонеллăсем, вархырăм чирне ертекен ытти микробсем? Ара, аса илерха: иртнĕ çулла вĕсен «кĕтĕвĕсем» нормăпа пăхнинчен 70 хут ытларах кĕпĕлтетнĕ Атăлта. Шыва кĕме чарчĕç пĕр вăхăт. Шыва чăмса тухсан та, кĕсел ăшне лекнĕ тейĕн, сĕлеке пек тăсăлатчĕ шывĕ.

— Мен вăл ферма пысăк юханшывшăн, — тутине чалăштарса аллине сулчĕ Явăш ферминчи арендаторсенчен пĕри. Хăй ятне-хушаматне те пелтересшĕн пулмарĕ. «манăн совхозра татах пурăнмалла-ха, хваттер те илмелле», — терĕ. — Чантăр тĕлне ситиччĕнех тасалса пĕтет тислĕк шывĕ. Ĕçме те юрать...

Çаплах-ши, çаплах мар-ши, черре нĕрсе тăмапăр. Анчах ... тасамалмасарах палла. Тепĕр километртанах çÿллĕ тÿпемре урах ĕне ферми сарăлса ларать. Чантăр ферми вăл. Ку та «Чебоксарский» совхозăн.

Трамплин синчен сикнĕ евĕр тислĕк шывĕ тÿрех Чебоксарка шывне чăмать.

Ĕлĕкрех ку юханшыва пиçĕ сырмари çăлкуçсем «тăрантарса» тăнă. Халĕ вара татах тепĕр «çăлкуç» хушăннă. Шăпах Чантăр фермĕ... лĕк хуçи — дирекци. Арендаторсемшĕн кун пек чухне, паллă ĕнтĕ, ик айкки те тăрайкки, тислĕке тирпейлĕ упрассишĕн тăрăшмасан та юрать.

Чантăрта вара тислĕк хусалăхне йĕркене кĕртесси вĕçĕ-хĕрри те курăнмасть.

— Сапла, çапла, пĕлетпĕр, пĕлетпĕр... Çутçанталăка сыхлас енĕпе ĕçлекен комитет палк-и, ыран-и килсе «мунча кĕртессе» кĕтсех тăратпăр, — пытармасть хăйĕн шухăшне совхозăн тĕп зоотехникĕ Г. Николаев. — Тепĕр çул, тен, тислĕк шĕвекне пухмалли канавсем туса хатĕрлĕпĕр.

Çакна каласа хăварăпăр: хальхи вăхăтра çутçанталăка пĕр çул хушши варалание тасатма икĕ çул кирлĕ, тепĕр çултан çак ĕçе туса иртерме икĕ хут ытларах вăхăт иртет, икĕ хут ытларах укса-тенкĕ тăкаклама тивет. Çулсерен ÿссе пырать çутçанталăка тасатас ĕç калăпăше. Çавăнпа ытлашши ĕç тупас, ытлашши укса-тенкĕ тăкаклас тетпер пулсан, çутçанталăка сыхлас ĕçе ырăва хăварар... Шупашкарти «Контур» евĕр. Сак предприятири тасатмалли сооруженисем пĕр кун та ĕçлемен. Завода хута янăранпах пĕр тасатмасăр юхтарса тăрать вăл тĕрлĕрен наркăмашлă шĕвексене. Чăваш АССР Çутçанталăка сыхлас енĕпе ĕçлекен государство комитечĕн лабораторийĕн пай начальникĕ Н. И. Ильина çапла пĕлтерчĕ:

— Чебоксаркăра тимĕр, цинк, нефть продукчĕсем кашни кубометр шывра 5.94 миллиграмм, нормăпа — 0.05 çеç пулмалла. 118 хут ытла çак тасамарлăх шывра.

Вунцар çул каялла та сапларах пулнă-ши Чебоксарка шывĕ?

— Çук. Юханшыв пирĕн ял сумĕнче виçĕ сырмаран юхса тухатчĕ. Варринчи ... 70—80 лаша шăварма антаттăмăр. Халĕ лашисем те çук, çăлкусĕ те кивама та кирле мар, пĕтĕмпех пĕтрĕ, — пăшăрханса каласать Явăш сынни А. Н. Ефимкин.

— Ĕçмелли шыва та Чебоксаркăран илеттĕмĕр. Çиче арман пулнă юханшыв тăрăх. Пулла та, шыва кĕме те Атăла каймасăр эпир. Чебоксаркăрах нумайччĕ пĕсем, шывĕ те таранччĕ, — Прото... 75 сулхи

...çĕршыва вара государство заказĕнчен ирттерсе хатĕрленĕ çутçантопăк газне ăсатнă.

## Сыктывкар

Сыктывкар хула Совечĕн ĕçтăвкомĕ телевидени пуçăшнипе Коми АССР столици çыннисемпе ĕçпĕ [illegible] дискуссисем ирттерме пуçăшнă. Республикăри телевиденипе радио государство комитечĕ сумĕнче хуçалăх расчечĕпе ĕçлекен «Вырçĕмĕш канал» производствăпа творчество пĕрлешĕвĕ туса хунă. Çĕнĕ ĕçе вырçĕмĕш программăпа рекламăсем памашкăн, хăйсен ситĕнĕвĕсемпе паллаштарма право илнĕ предприятисемпе организацисем укçа-тенкĕпе пулăшаççĕ.

## Клинцы

Брянск облаçĕнчи Клинцы хулинчи тин çеç хута кайнă ăтă-пушмак фабрикинче пысăк пахалăхлă ăтă-пушмакăн пĕррĕмĕш партине туса хатĕрленĕ. Ăна магазинсене ăсатнă. Проектпа палăртнă хăватпа ĕçлеме тытăнсан, фабрика çулталăкра ача-пăча валли 600 пин мăшăр тата хĕрарăмсем валли 400 пин мăшăр ăтă-пушмак хатĕрлеме тытăнĕ.

## Ровно

Пурăнмалли çурт-йĕрсене пăхса тăракан кантурсем çумĕнче йĕркеленĕ хĕрарăмсен совечĕсем хулари пĕччен пурăнакан ватăсене пулăшу пама тытăннă: ырăкăмăл фондĕнчен пулăшу кирлисем валли укçа-тенкĕ, кĕпе-тумтир уйăрса параççĕ. Вĕсене тӳлевсĕр ситереççĕ, çавăн пекех апат-çимĕç, эмелсем, промышленность таварĕсем кӳрсе пареççĕ.

## Йошкар-Ола

Мари АССРĕнчи Медведев районĕнчи хура тăпраллă çĕрсене экологи тĕлĕшĕнчен таса продукци илмелли зона туса хунă. Механизациленĕ пулăх отрячĕсем кăçалхи сезонра çеç уй-хире миллион тонна ытла торфпа тислĕк кăларĕç. Ученăйсем шутланă тăрăх, çакă уй-хире çумкурăкран хăтарĕ, çапла вара пестицидсемпе, ытти имçамсемпе усă курмасăрах тĕрлĕрен культура туса илме май пулĕ.

## Липецк

Çулталăкра миллион холодильник — çакăн пек çĕнĕ заводăн проектра палăртнă хăвачĕ. Ăна Çĕнĕ Липецк металлурги комбиначĕн территорийĕнче тума пуçланă. Çĕнĕ предприяти тăвас ĕнĕпе Италин «Мерлони» фирмипе килĕшӳ тунă. Йăлари кăткăс техника туса кăларасси — комбинат аталанăвĕн пысăк малашлăхлă çул-йĕрĕсенчен пĕри. Çывăх вăхăтра металлургсем çавăн пекех Хĕвеланăçĕнчи çĕнĕ технологисемпе усă курса пысăк класлă видеомагнитофонсем туса кăларассине йĕркелеме палăртаççĕ.

Çапах та ĕçтăвкомăн вичĕ пĕлĕмне çынсем тĕрлĕ ыйтупа вĕсемсĕрех килсе тăннинчен те Совет влаçĕн вăйне хушăнса пынине ăнланма пулать. Акă, Кутузов урамĕн-

...тума явăстарать. — ăнлантарать ĕçтăвком секретарĕ. — Поселокри 63 урамра пурте Виталий Иванович пек тимлĕн тăрăшсанччĕ! 70 депутатран çурри хăть хăйсен тивĕç-

...кăна-ха. — тет В. Волкова. — Чи йывăрри — çурт-йĕр лартакансене материалсем тупса парасси. Ытти çынсен пулăшассăн. Халлĕхе кирпĕч, цемент, йывăç материалсем

...маллах. Ун чухне чылай пысăкрах ĕçсене тытăнма вăй ситĕччĕ.

Малашлăх çакăнпа çыхăннă та. Тĕслĕхрен, вунвиççĕмĕш пилĕкçуллăхра Йĕпреç

...ти власть органĕн, халăх депутачĕсен чылăй тивĕç. Поселокăн палăхи пурнăçĕнче, сăн-сăпатĕнче сĕнетĕвĕн хăватлă сăлкусĕсем пуррине курăтпăр.

**А. НИКОЛАЕВ.**



Мускаври кашни кĕпер хăйне евĕрлĕ илемĕпе илĕртет. Вĕсенчен чылайăшĕ истори палăкĕ пулса тăрать. Сăмахран, Бородино кĕперне 1812 çулхи Отечественнăй вăрçă тата Бородино патĕнчи çапăçу пулнăранпа 100 çул çитнĕ тĕле тунă.

Мускаври чи илемлĕ кĕперсенчен пĕри — сакăнса тăракан Крым кĕперĕ. Унăн тăршшĕ — 700 метр. Авторĕсем Б. Константинов инженерпа А. Власов архитектор.

Пысăк Чул кĕпер, Калинински, Москворецки кĕперĕсемпе ыттисем Мускав çыннисене пысăк усă кӳнисĕр пуçне столицăна илем кӳртеççĕ, унăн ĕлккен сăн-сăпатне тытах та пуянлатаççĕ.

Ӳкерчĕк çинче: 1905 çул ячĕпе хисепленекен кĕпер.

ТАСС фотохроники.

...кантарса алкине судне Явăш ферминчи арендаторсенчен пĕри. Хăй ятне-хушаматне те пĕлтересшĕн пулмарĕ. «Манăн совхозра татах пурăнмалла-ха, хваттер те илмелле», — терĕ. — Чантăр тĕлне çитиччченех тасатса пĕтет тислĕк шывĕ. Ĕçме те юрать...

Çаплах-ши, çаплах мар-ши, чĕрре кĕрсе тăмапăр. Анчах та тислĕк шыва тасатмалли [illegible] километртанах çĕлĕ тӳрем-ре урах ене ферми сарăлса ларать. Чантăр ферми вăл. Ку та «Чебоксарский» совхозăн.

Трамплин сиччен сикнĕ евĕр тислĕк шывĕ тӳрех Чебоксарка шывнĕ чăмать.

Ĕлĕкрех ку юханшыва висĕ çырмари çăлкуçсем «тăрактарса» тăнă, халĕ вара татах тепĕр «çăлкуç» хушăннă. Шăпах Чантăр ферми ĕнтĕ. Кунта та йĕрке çук. Тислĕке кирлĕ пек тыткаламаççĕ, упрамаççĕ. Юханшыва та вараласçĕ, пиха удобрение сая яраççĕ. Укçа шывпа юхать.

— Çапла, — килĕшеççĕ Явăш ферминче ĕçлекенсем. — Кунсерен тислĕк кăна 80—100 тенкĕ тупăш парса тăма пултарать. Илсе тухса тăкатпăр ăна, анчах усси çук.

Ку фермăра арендăпа ĕçлеççĕ. Звенона В. Гаврилов ертсе пырать. Совхоз дирекцийĕ ĕçлекенсене вылькăхчĕрлĕхне шанса панă, тислĕкне «пама хĕрхенĕ». Тис-

— Чебоксаркăри [illegible] цинк, нефть продукчĕсем кашни кубометр шывра 0,04 миллиграмм, нормăпа — 0,05 çеç пулмалла. 118 хут ытла çак тасамарлăх шывра.

Вуншар çул каялла та çапла пулнă-ши Чебоксарка шывĕ?

— Çук. Юханшыв пирĕн ял çумĕнчи висĕ çырмаран юхса тухатчĕ. Варринче вăрттăхра пысăк çăлкуç. Унта [illegible] Халĕ пирĕн те çук. Çăлкуçĕ те вилнĕ та [illegible] мар, пĕтĕмпех пĕтрĕ, — пăшăрханса каласать Явăш сыщи А. Н. Ефимкин.

— Ĕçмелли шыва та Чебоксаркăран илеттĕмĕр. Çичĕ арман пулнă юханшыв тăрăх. Пулла та, шыва кĕме те Атăла кайман эпир. Чебоксаркăрах нумайччĕ вĕсем, шывĕ те таранччĕ, — Протопопиха ялĕнчи 75 çулхи С. А. Григорьевăн пăшăрханулла асилĕвĕ ку.

Шупашкарта, Чебоксаркăсăр пуçне, тата тăватă юханшыв: Трусиха, Кайбулка, Сугутка, Кашам. Пурин те пĕр шăпа — тасамарлăха юхтармалли каналсем пулса тăчĕç вĕсем. Мĕнле сыватмалла вĕсене? Çакăн пирки хытах шухăшламалла пали.

**А. ФИЛИППОВ,**
Чăваш АССР Сутçанталăка сыхлас енĕпе ĕçлекен государство комитечĕн инспекторĕ.

*Пирĕн интервью*

# АЧАСЕМ ÇАПКАЛАНСА АН ÇӲРЕЧЧĔР...

**СССР халăх депутачĕ Ю. Б. Сеткин — ДОСААФăн Шупашкарти авиаципе спорт клубĕн парашютистсен звенин командирĕ. Çамрăксене çар ретне тăма хатĕрлес тĕлĕшпе нумай вăй хурать. Вăл ертсе пынипе нумайăшĕ ăста парашютист пулса тăнă, спортпа туслашнă. Унăн тĕллевĕ — ӳсse пыракан ăрăва пирĕн моральпе тата принципсемпе килĕшсе тăракан воспитани парасси. Нумаях пулмасть унпа пирĕн корреспондент тĕл пулса калаçнă.**

**— Юрий Борисович, суйлав умĕнхи кĕрешӳре Эсир ыттисенчен, çав шутра экономистран, писательрен, журналистран, троллейбус водителĕнчен, ытти професси çыннисенчен нумайрах сасă пухрăр. Шупашкарти Ленин районĕнче пурăнакансем СССР халăх депутачĕ пулма мĕншĕн Сире, парашютистсен звенин командирне, суйларĕç-ши?**

— Тен, ку ыйтăва манăн суйлавçăсене памаллаччĕ. Ытах ыйтатăр пулсан, ответлеме пулать, паллах. Вĕсенчен чылайăшĕ пĕлтерхи мартăн 26-мĕшĕнче, бюллетеньсене ещĕксене ярас умĕн, эпĕ парашютпа сикме вĕрентнисĕр пуçне, ачасемпе нумай ĕçленине çиччен пĕлнех-тĕр.

Депутат пуласси мĕнрен килет-ха? Суйлавçăсем хăйсен пушшисене ăнлама, çивĕч ыйтăвĕсене татса пама пултаракан çынсене çеç депутата суйлаççăн-çке. Ленин районĕнче пурăнакансене вара Шупашкарта преступлени тăвассипе, уйрăмах çул çитменнисем право йĕркине пăсасси ӳсни хытă шутлаттарать.

Мĕн тĕрлĕ кăна преступлени тумаççĕ пуль! Общественри йĕркелĕхе пăсаççĕ, хĕнеççĕ, вĕлереççĕ, çаратаççĕ, машкалаççĕ... Кинотеатрсем, кафесем умĕнче, паркçенче, автовокзалсенче, ытти сĕрте пĕр-пĕрипе çапăçаççĕ. Хула çыннисене чылай чухне харушлăха кĕртсе ӳкереççĕ. Урам хулиганĕсене çапăçнине пула общественăлла транспорта чарса лартнă тĕслĕхсем темиçе те пулнă. Хулиганĕсем хăйсене ирĕклĕ туяççĕ. Кăнтăр кувĕнчех хула çыннисем çумпе çулăхаççĕ. Кас пулсан вара урта та кунта пикек сиксе тухать. Кама та пулин хĕнеççĕ е кама та пулин машкăлаççĕ. Кĕскен каласан, хулара лару-тăру çăмăл мар.

Преступлени тăвассипе хирĕç кĕрешеççĕ-ха. Анчах ырă улшăнусем сахалрах. Çынсем вĕсене кĕте-кĕте ывăнса çитнĕ. Темле улăпла вăй пулăшасса шанаççĕ.

**— Ачасемпе хăçан ĕçлеме тытăнтăр?**

— 1985 çулта мана, летчиксем хатĕрлекен училищĕрен вĕренсе тухсан, ДОСААФăн Шупашкарти организацине ячĕç. Эпĕ Чăваш республикинче çуралса ӳснĕ. Çавăнпа Шупашкара лайăх пĕлетĕп. Чăн та, ĕçе вырнаçсан аэродромран киле, килтен аэродрома çеç çӳреттĕм. Вăхăт кăшт иртсен вара хамăр çурт умĕнче выляканн ачасене сăнакан пултăм. Çуллахи вăхăтра вĕсем кунĕнех кĕшĕлтеççĕ. Сисетĕп: ĕççĕр аптраççĕ. Тен, çавăнпа-и, пысăкраххисем çывăхри микрорайонсене каяççĕ. Анчах хăшпĕр чухне кăвакарчă куççемпе килеççĕ. Паллă ĕнтĕ мĕн пулса иртни: хăйсем каларăшле, «ютсемпе» пĕр чĕлхе тупайманнипе пĕр-пĕрине тытăçса илнĕ. Пиревнисене самаях лекнĕ. «Ютсене» тĕл пулсан, тавăрма ĕмĕтленеççĕ. Ача-пăча чун-чĕринче мĕн пĕчĕкрен çиреппленсе пырать çакнашкал психологи. Кашни ялала çине вăй тĕлĕшĕнчен çеç пахаççĕ. Паллах, ку ырри патне илсе çитермест.

Майĕпен ачасен пушшисемпе интересленме пуçларăм. Мĕн кирлĕ, мĕн çитмест вĕсене? Çарпа патриотизм клубĕ усас шухăш çуралчĕ. Анчах ăна пурнăçа кĕртес тесе, нумай тăрăшма тиврĕ. Кун пирки сăмах хускатсан, профсоюз, комсомол органĕсенче ман çине куçĕсене чарса пăхатчĕç. «Мĕн вăл çарпа патриотизм клубĕ? Халиччен илтмен ун пирки» — тетчĕç.

Хамăр картишĕнчи ачасене пухрăм та клуб уçасси пирки каласа патăм. Килĕшрĕ ман сĕнӳ вĕсене. Кашни кас тепĕ пек пуtvалта пухăнма тытăнтăмăр. Каярахпа унта юлташĕсем те çӳреме пуçларĕç. Кĕçех йыш çитмĕле çитрĕ. Занятисене ятарласа хатĕрленĕ программăпа килĕшӳллĕн ирттерсĕм. Çар пĕлĕвĕ патăм, стройпа утма хăнăхтартăм, спорт ăмăртăвĕсене хутшăнтартăм, парашютпа сикме хатĕрлерĕм, десантниксен тытăçса çапăçмалли ăсталăхне алла илме пулăшрăм... Мĕн тери сăвăпатчĕç ачасем! Ара, кашни ачан вăйлă пулас килет-çке.

Ачасем занятисенче тата общественри вырăнта хăйсене йĕркеллĕ тытма пĕлни пысăк пĕлтерĕшлĕ. Чи кирли — çирĕп дисциплина. Çакна шута илмесĕр пĕр утăм та тăваймастăп. Клуба çӳрекенсем шкулта е общественри вырăнсенче киревсĕр ĕçсем тумаççĕ-и? Хулиган ушкăнĕсемпе çыхланса каймаç-и? Вĕренӳре мĕнле ĕлкĕрсе пыраççĕ? Ачасен пурнăçĕпе çыхăннă çак тата ытти ыйтусемпе интересленсех тăтăм. Аставатăпха, темиçе ача общественри йĕркелĕхе пăсрĕç. Малтан вĕсемпе хам калаçрăм. Айăплă-и? Айăплă мар-и? Унтан вĕсен киревсĕр ĕçне ачасемпе пĕрле сивлерĕмĕр. Куллен çирĕпленсе пычĕ дисциплина. Йывăр вăхăтра пĕрне-пĕри пулăшса пычĕç.

**— Пĕр клуб çеç мĕнех тума пултарĕ? Çарпа патриотизм клубĕсем ытларах пулсан çеç усси курăнĕ. Çапла мар-и?**

— Кун пирки шутламан мар эпĕ. Икĕ çул каялла пирĕн клуб ĕçĕ-хĕлĕпе хулари воин - интернационалистсем, педагогсем интересленме пуçларĕç. Пирĕнтен вĕренсе, хăйсем пурăнакан вырăнсенче çарпа патриотизм клубĕсем уçма тытăнчĕç. Хальхи вăхăтра хулара вĕсен йышне вунпилĕкрен иртнĕ. Çакнашкал клубсем кашни шкулăн пулмалла. Шкулсем çуллахи вăхăтра ĕçлесех каймаççĕ пулсан, клубсен алăкĕсем вара июль — август уйăхĕсенче те уçă. Кăçал эпир клуба чылай пысăкланăмăр, тĕрĕссипе халĕ вăл 350 ачапа пĕрлештерекен пĕрлешӳ пулса тăчĕ. Унта Ленин районĕнчи улта клуб кĕрет.

Пĕр ӳстермесĕрех, çул çитменнисен пысăк ушкăнĕ пушă вăхăта интереслĕ тата усăллă ирттерет. Вĕсем право йĕркине пăснă тĕслĕхсем пулман. Хулиганла ушкăнсенче çӳрекенсем çук. Сывлăх тата кăмăл-сипет тĕлĕшĕнчен писĕхсе ӳсеççĕ. Паллах, ун пеккисем Совет Çарне тивĕçлĕ пулаççĕ.

**— Эсир çар пирки сăмах хускатрăр-ха та. Юлашки вăхăтра вара ăна хирĕçлесе калаçакансем те тупăнкалаççĕ. Кун пирки мĕн калана пулăттăр?**

— Ăна хирĕçлĕ пуçласа янă калаçу сиен кӳрет кăна. Хăшпĕрисем вăл пачах кирлĕ мар, теççĕ. Урамсенче çеç мар, телевизорпа та çаплах калаçма пуçларĕç. Хаçат-журналта та çавăн пек пĕлтерĕшлĕ материалсем пичетленеççĕ. Мĕншĕн-ха кирлĕ мар? Вăрçă хăрушлăхĕ пĕтмен-çке. НАТОпа керекен çĕршывсем халĕ те вăрçа хатĕрленеççĕ. Тепĕр енчен илсен, шухăшкăмăлĕпе çирĕпленсе çитмен ачасем çар сене чăлăшла пăхма пуçлаççĕ. Çакăнтан пуçланать те вăл çар службипе кайс мар тесе пăркаланасси. 1979 çулта, Совет Çарĕн хăшпĕр чаçĕсене Афганистана кĕртсе, йăвăш тупă, тесе хак пачĕç. Анчах ушăн революцие хӳтĕлесе пуç хунă тата аманнă совет салтакĕ айăпла мар-çке. Хамăрпа кӳршеллĕ Афганистанра вăрçа хутшăннисем революцие хӳтĕлесе хăтарма пулăшрĕç. Çакăнтан пархатарлă мĕн пултăр! Эпĕ мирлĕ пурнăçшăн кĕрешекен афганецсене душмансем мĕнле асаплантарни, вĕсен çурчĕсене аркатни çинчен лайăх пĕлетĕп. Çавăнпа мана пархатарлă ĕç пĕлтерĕшне чакарма тăрăшни хытă тарăхтарать. Ман пек шутлакансем эпĕ çеç мар. Пирĕн çар чаçĕсем Афганистанра вăрçа хутшăнни пирки калаçнă чухне сӳлерех палăртнине шута илмесĕр тăмалла мар пулĕ.

**— Эсир — Чăваш АССРĕнчи преступлени тăвассине хирĕç кĕрешекен вăхăтлăх комитет членĕ. Комитет çул çитменнисем право йĕркине пăснипе çыхăннă ыйтусемпе ĕçлет-и?**

— Паллах. Нумаях пулмасть, акă, республикăра видеофильмсем кăтартас ĕçе тĕрĕслесе тăрас ыйтăва сӳтсе яврăмăр. Хальхи вăхăтра видеосалонсенче мĕнле фильмсем кăтартаççĕ-ха? Çак ыйту çине никам та йĕркеллĕ ответ параймасть. Эпĕ ыйтса пĕлнĕ тăрăх, ют çĕршывсенчен илсе килнĕ порнографи фильмĕсем, çапăçни, çын вĕлерни çинчен каласа паракан харушă фильмсем кăтартаççĕ ытларах вĕсенче. Çул çитменнисенчен хăшпĕрисем видеосалонсенчен тухаççĕ те е çапăçма, е хĕрачасене машкăлама тытăнаççĕ. Ахальтен каламастăп çак сăмахсене. Вĕсене тĕслĕхсемпе çирĕплетме пулать. Кунта йĕркe пулмалла. Республикăра видеосалонсемпе видеозалсен репертуарĕсене çирĕплетекен пĕр юмисен çеç пулмалла. Пирĕн пата илекен пур видеокассетăпа та ун «алпи» витĕр кăлармалла. Унсăрăн видеофильмсем кăтартас ĕçре ырă улшăну тăваймăн.

Шупашкарта право йĕркине пăсакан çамрăксене тĕрмерен ларса тухнисем ертсе пыни пирки пĕлетпĕр. Анчах вĕсем ачасене айккинчен «вĕçкĕртсе» çеç тăраççĕ, тӳрремĕнех преступлени тума хăйсем хутшăнмаççĕ. Çакă вăл çул çитменнисем право йĕркине пăснипе хирĕç кĕрешме пушшех йывăрлатать. Ку ыйтăва та пăхса тухрамăр комитет ларăвĕнче...

**— Хальхи вăхăтра çарпа патриотизм клубĕсем мĕнле ĕçлеççĕ? Вĕсен йышне ӳстерме шутлатăр-и?**

— Клубсен алăкĕсем кашни ачашăн уçă. Вĕсене çĕршерĕн çӳреççĕ. Занятисене эпĕ хатĕрленĕ программăпа ирттереççĕ. Кама хăш клуб кăмăла кайть, çавна суйласа илме пулать. Культурăпа спорт, техника клубĕсем, ытти йышши клубсем кунпарăн. Вĕсен йышне мĕн чухлĕ ӳстеретпĕр, çавăн чухлĕ лайăхрах. Ачасене пушă вăхăта усăллă ирттерме условисем туса памалла. Урамсем хыççăн урам тăрăх çапкаланса ан çӳреччĕр.

**— Юрий Борисович. Сирĕн çемье пысăк тенине илтнĕ.**

— Çапла, пĕр хваттерте саккăрăн пурăнатпăр: асанне, атте, анне, эпĕ, арăм, виçĕ ывăл. Виççĕшĕ те садика çӳреççĕ. Пушă вăхăта вĕсемпе ирттерме тăрăшатăп. Чăн та, вăл ытла сахал юлать.

**— Ӳсse пыракан ăрăва тивĕçлĕ воспитани парас ĕçре ăнăçусем тума сунатпăр. Çĕнĕ çул ячĕпе чун-чĕререн саламлатпăр Сире.**

— Тавах ырă сăмахăрсемшĕн. Шăнкăçа тӳрре кăларасчĕ.

**Ю. МИХАЙЛОВ.**

*Аслă Çĕнтерÿ 45 çул тултарнă май*

# ÇУР ĔМĔР— ÇАР СЛУЖБИНЧЕ

**ШАМАРШАРА ШКУЛ УÇАЛНАРАНПА 150 ÇУЛ ÇИТНИНЕ РАЙОНТА АНЛАН ПАЛЛА ТУРĔÇ. ЮБИЛЕЙ ЯЧĔПЕ ЙĔРКЕЛЕНЕ ТЕЛПУЛАВА ХАЙ ВĂХĂТĔНЧЕ ÇАК ШКУЛТАН ВĔРЕНСЕ ТУХНИСЕМ, ВĔСЕН УЧИТЕЛĔСЕМ ЙЫШЛАН ПУХĂНЧĔÇ. ВĂЛ Е КУ САЛТАВПА КИЛСЕ ÇИТЕЙМЕННИСЕМ ТАВ СЫРĂВĔСЕМ, САЛАМЛА ТЕЛЕГРАММĂСЕМ ЯНĂ. ЛЕНИНГРАДРАН ТА ТЕМИÇЕ ТЕЛЕГРАММА ИЛНĔ. ВĔСЕНЧЕН ПĔРНЕ ХĂЛĔ ОТСТАВКАРИ ГЕНЕРАЛ-МАЙОР ВАСИЛИЙ НИКОЛАЕВИЧ НИКИФОРОВ ЯНĂ.**

В. Н. Никифоров 1923 çулхи ноябрĕн 19-мĕшĕнче Шамаршă ялĕнче хресчен çемйинче çуралнă. Ашшĕне амăшĕ колхоза чи пирвайхисен шутĕнче, 1929 çулта кĕнĕ.

— Эпĕ ун чухне ачаччĕ, тен, пурне те лайăххăн ăнланса илейменте пулĕ, — аса илет Василий Николаевич. — Анчах ял çыннисенчен кашниех тÿрĕ кăмăлпа, вăхăта пăхмасăр, коллективлă хуçалăха тĕреклетессишĕн пĕтĕм вăй парса ĕçленине лайăх астăватăп. Аттепе мана та ирпе-ирех хире илсе тухатчĕ. Колхоз пурлăхне пурте хăйсен харпăрлăхĕ вырăнне хурса хаклатчĕç. Мĕн пĕчĕкрен ĕçе хăнăхни мана кайрахпа пĕтĕм пурнăç тăршшĕпех питĕ кирлĕ пулчĕ, йывăрлăхсене ăнăçлă çĕнтерсе пыма пулăшрĕ.

**Тăван шкул коллективне, чи малтанах шкул директорне Степан Ильич Николаева,** вырăс чĕлхипе литературин учительницине Устинья Степановнăна, математика учительне Михаил Иванович Калашникова, Иван Ефимович Петровпа Михаил Никифорович Никифорова, ытти учительсене вăл паян кун та ырăпа асăнать. Учительсенчен кашниех ачасене тарăн пĕлÿ парассишĕн, вĕсен тавракурăмне анлăлатассишĕн, Тăван çĕршыван чăн-чăн патриочĕсем пулса ÿстерессишĕн ырми-канми тăрăшнă. Вĕренекенсем хушшинче хăйне евĕр ăмăрту пынă: япăх паллăсем илсе, нихăçан та пите хĕрĕтес килмен. Яшсенчен ытларахăшĕ Хĕрлĕ Çар командирĕ пулма ĕмĕтленнĕ. «Летчик пулатăп», — çакан пек тĕллев лартнă хăйĕн умне Василий.

Сывлăш-çар летчикĕ пулма ÿт-пÿ тĕлĕшĕнчен «пиçĕ» çитейменнине туйса, вăл 1939 çулта, вăтам шкул пĕтерсен, Куйбышеври плановăй экономика институтне вĕренме кĕрет. Анчах икĕ уйăхран ытла çÿрейместь занятисене. Вăрçă тухас хăрушлăх пысăк пулнине кура пулас, Оборона халăх комиссарĕ çав çул вăтам шкул пĕтернĕ яшсене пурне те çар службине илесси çинчен приказ кăларнă. Повестка парасса кĕтмесĕр, Василий Никифоров хăй ирĕкĕпе Хĕрлĕ Çар ретне çыранать. Çар училищине вĕренме кĕрес ĕмĕте пусрая кăлармасть.

**Кĕçĕн командирсен полк шкулĕнче пĕлÿ илнĕ хыççăн вăл хăйĕн служба тивĕçне кавалерири разведкăра пурнăçлама тытăнать.** 1941 çулхи июнь пуçламăшĕнче ăна Киеври М. И. Калинин ячĕпе хисепленекен çар çыхăну училищине вĕренме яраççĕ. Вĕренме кĕмелли экзаменсене вăл ку хутĕнче те ăнăçлă тытать. Училище пĕтерсе, пĕр вăхăт резервра пулнă хыççăн 1942 çулхи октябрьте вăл — Центральнăй фронтра. Ытти подразделенисемпе пĕрле, вĕсен танкĕсем 2-мĕш армийĕ Курск пĕккинчи çапăçусене хутшăнать, кайрахпа çав хĕрÿрен те хĕрÿ тытăçусене хутшăнать.

Паллах, связист вăл — танкист е мотострелок мар. Анчах çапăçу ăнăçлăхĕ вĕсенчен нумай килни пуриншĕн те паллă. Фашистсен авиацийĕ тапти-сыпписĕр бомба тăкать-и, снарядсем тăташах çурăлаççĕ-и, пульăсем пуç çийĕн е юнашар шăхăрса иртеççĕ-и — связистсен çыхăнăва пĕр тикĕс йĕркелесе тăмалла.

Пĕрремĕш орденпа — Хĕрлĕ Çăлтăр орденĕпе — В. Н. Никифорова Курск пĕккинчи çапăçусем вăхăтĕнче командованипе тытакан çыхăнăва шанчăклă йĕркелеме пулăшнăшăн наградăлаççĕ те. Çак орденах вăл иккĕмĕш хутчен Корсунь-Шевченковски операцире хастарлăх кăтартнăшăн илме тивĕç пулать. Çавăн чухне ĕнтĕ вăл ларса ĕçлекен çар çыхăнăвĕн машинине икĕ «Мессершмидт» атакăланине, вут хыптарса илнине Василий Николаевич хумханса аса илет. «Телее, чĕрĕ юлтăм, — тет вăл. — Пушара та çийĕнчех сÿнтерме май килчĕ». Çак эпизод çинчен арми хаçатĕнче те çырса кăтартнă пулнă.

**1944 çулхи апрельте, вăйлă çапăçусем пынă тапхăрта, ăна парти ретне йышăнаççĕ.**

1-мĕш Белорусси фрончĕн составĕнче вĕсен армийĕ Германин тĕп йăвине — Берлин хулине тытса илессишĕн пынă çапăçусенче палăрать. Пирĕн ентеше ку хутĕнче иккĕмĕш степень Отечественнăй вăрçă орденĕпе наградăлаççĕ.

Вăрçă шавĕ лăпланнă хыççăн В. Н. Никифоров — рота командирĕ, арми штабĕн офицерĕ. Шанса панă пур должноçсене те хăйĕн пуçарулăхĕпе, пултарулăхĕпе, ĕçе тĕплĕ пĕлнипе палăрса тăрать. 1950—1955 çулсенче С. М. Буденный ячĕпе хисепленекен çар çыхăну академийĕнче вĕренет. Ăна пĕтернĕ хыççăн вуннĕр çул Совет Çарĕн çыхăну чаçĕсенче ответлă должноçсене йышăнать. Кайрахпа вăл — Полтаварти аслă çар училищин начальникĕн заместителĕ.

1971 çулта В. Н. Никифорова Томскри командăнăй аслă çар çыхăну училищин начальникĕ пулма уйăрса лартаççĕ. Çак вĕренÿ заведенине ертсе пынă çулсене Василий Николаевич хăйĕншĕн уйрăмах ответлă тапхăр тесе шутлать. Çакна ăнланма пулать: пулас командир-воспитательсене, çар инженерĕсене вĕрентсе хатĕрлесси» — çăмăл ĕç мар. Аслă çар училищи ятне тин кăна-ха панă май, коллектива пĕтĕçтерес, преподавательсен методика тĕлĕшĕнчи ăсталăхне ÿстерес, вĕренÿпе пурлăх никĕсне çирĕплетес енĕпе те çине тăрса ĕçлет. Çак çăмăл мар вăхăтра вăл Томскри институтсен ректорĕсен пулăшăвне лайăх туйнă, хăй те хулари аслă вĕренÿ заведенийĕсен ректорĕсен совечĕн членĕнче тăнă.

Томскри училищĕре çав çулсенче пирĕн республикăри, çав шутра Шăмăршăри вăтам шкула пĕтерсе пынă çамрăксем те йышлăн вĕреннĕ. Кайрахпа вĕсенчен хăшĕсем çар çыхăну академийĕнче пĕлĕве ÿстернĕ, наука кандидачĕсем пулса тăнă. Афганистанра интернационаллă тивĕçе пурнăçланисем те пур.

1979 çулта В. Н. Никифоров генерал-майора Ленинградри С. М. Буденный ячĕпе хисепленекен çар çыхăну академийĕн факультечĕн начальникĕ пулма çирĕплетеççĕ, ку должноçра вăл 1987 çулхи декабрьччен ĕçлет. 1988 çулхи январьте запаса тухать. Апла пулин те, юратнă ĕçрен уйрăлмасть, паян кун та академире преподавательте ĕçлет.

В. Н. Никифоров общество ĕçĕнчи хастарлăхĕпе те палăрса тăрать. Вăл Белоруссири компартин XXIV съезчĕн делегачĕ пулнă, виçĕ хутчен ăна КПСС Томск обкомĕн членне, тăватă хутчен халăх депутачĕсен Томск область Совечĕн депутатне, Ленинград хулинчи район Совечĕн депутатне суйланă. Çар училищин начальникĕ пулнă çулсенче облаçри «Зарница» тата «Орленок» çарпа спорт вăййисене ертсе пынă. Çамрăксене çар патриотизмĕ майлă воспитани парас енĕпе вăл халĕ те нумай ĕçлет.

Мирлĕ вăхăтра служба тивĕçне чыслăн пурнăçласа пынăшăн, Совет Çарĕ валли кадрсем хатĕрлес енĕпе анăçлă ĕçленĕшĕн ăна Хĕрлĕ Ялав, пĕрремĕш степень Отечественнăй вăрçă орденĕсемпе, виççĕмĕш степень «СССР Хĕçпăшаллă Вăйĕсенче Тăван çĕршыв службинче тăнăшăн» орденпа, медальсемпе, нумай хутчен Хисеп грамотисемпе наградăланă. Çыхăну çарĕсен генерал-майорĕн çар званине ăна 1974 çулхи май уйăхĕнче панă.

Никифоровсен икĕ ачи те аслă пĕлÿ илнĕ. Ывăлĕ — наука кандидачĕ, халĕхи вăхăтра парти ĕçĕнче. Хĕрĕ — физик, наука тĕпчев институчĕн сотрудникĕ.

Василий Никифорович ентешĕсемпе, хăй вĕреннĕ шкул коллективĕпе тачă çыхăну тытать, отпуск вăхăтĕнче тăван республикăна килсе кайма тăрăшать.

— Шупашкарта иртнĕ çулхи августра пулма тÿр килчĕ, — çырать вăл Ленинградран. — Хула мана питĕ килĕшрĕ. Çуралса ÿснĕ вырăнсене кăçал та çитсе курасшăн-ха. Вĕсем маншăн çав тери хаклă.

В. СТЕПАНОВ.



*Укерчĕксем çинче: отставкари генерал-майор В. Н. Никифоров; тактикалла занятисем умĕн.*

# УРĂХ ÇĔРШЫВСЕНЧЕ

## Коммунистсене чĕнсе калană

ПЕКИН. (ТАСС). Китайри коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Политбюровĕн Ялавхи комитечĕн членĕ, Центральнăй Комитетăн организациллĕ пайĕн заведующийĕ Сун Пин Китайри мĕнпур коммунистсене Китайри компартие рабочи класс авангарчĕ туса хума чĕнсе каланă. Партин çирĕплĕхне, вăйлăхне çитмелле, пĕтĕçÿллĕ пулмалла, кĕрешме пултармалла, тенĕ вăл. Сун Пин парти строительствин теорийĕн ыйтăвĕсемпе ĕçлекен тĕпчев ушкăнĕн ларăвĕнче сăмах каланă. Лару пĕр уйăха яхăн пынă.

Сун Пин парти строительствин марксизм-ленинизм положенийĕсемпе Мао Цзэдун идейисем çинче никĕсленсе таракан принципĕсене хÿтĕлеме кирлине, парти обществăра ертсе пыракан вăй пулни рабочи класшăн пысăк пĕлтерĕшлĕ пулнине, парти руководствине вăйлатма тата лайăхлатма кирлине уйрăмах палăртнă.

«Экономика строительствинче пирĕн централизаци сыхласа хăвармалла, тăватă тĕп принципа, реформăсен политикине çирĕп тытса пымалла тата тулашри тĕнчерен аякка уçă тытмалла. Çакăнпа пĕрлех пирĕн Китай аталанăвне мирлĕ майпа чарса лартма хăтланакансенчен сыхă пулмалла», —тенĕ Сун Пин.

## Каллех демонстрацисем иртнĕ

БЕРЛИН, январĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Çĕнĕ çул уявĕ хыççăн Демократиллĕ Германи Республикинчи нумай хуласен площачĕсемпе урамĕсенче каллех массăллă демонстрацисем пулса иртнĕ. Лейпцигра, Галлере, Гер хулинче, Карл-Маркс-штадтра, Котбусра, Магдебургра, Нойбранденбургра, Одер çинчи Франкфуртра, Шверинра тата ытти хуласенче çав демонстрацисене пĕтĕмпе 200 пин çын ытла хутшăннă.

«Оппозици юхăмĕн столицинче» — Лейпцигра чиркÿсенче кĕлĕсем вĕçленнĕ хыççăн 100 пин çынна яхăн урамсене тухнă. Хулан тĕп площадĕнче опера театрĕ умĕнче иртнĕ демонстраци вăхăтĕнче халăх хушшине листовкăсем салатнă. Нумай партисемпе организацисен представителĕсем хăйсен политикăллă позицине пропагандăланă.

«Социализмла экспериментсем иртерсе çитет!», «Сулахайри тата сылтăмри радикалсене хирĕç — ирĕклĕ суйлавсем!» тесе кăшкăракансем пулнă демонстрантсем хушшинче. Халăх вĕсене хирĕç çапла ответленĕ: «Германи — пĕрлĕхлĕ тăван çĕршыв!», «Модров — сирĕл!», «Гизи — сирĕл!», «СЕПГ пĕтрĕ!» Çынсем икĕ çĕршыва пĕрлештересси çинчен юрăсем юрланă. Опера театрĕ умĕнчи площадьре неофашистсен «республиканецсен» партийĕ майлисем те пулнă. Вĕсен транспаранчĕсем çине çапла çырса хунă: «Халĕх пĕрлешмелле! Хĕвелтухăçĕнче тата хĕвеланăçĕнче пĕтĕм халăх референдумне иртермелле!»

## Афганистанри лару-тăру

КАБУЛ, январĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Афганистан столицинче партисемпе общественнăй-политикăлла организацисен руководителĕсен канашлăвне иртнĕ. Канашлура Афганистан Республикин президенчĕ Наджибулла сăмах каланă. Афганистанра çĕнĕрен мир туса хумашкăн прогрессивлă тата патриотла мĕнпур вăйсене малалла пĕрлештермелле, тенĕ вăл. Канашлура çураçу политикине пурнăçа кĕртмешкĕн Афганистанăн Наци фрончĕн пĕлтерĕшне ÿстерме кирлине палăртнă.

Иртнĕ тăватă талăк хушшинче правительство çарĕсем Нангархар, Пактия, Кандагар тата Гильменд провинцийĕсенче оппозици отрячĕсем вырнаçнă районсене вăйлăн тапăннă. Çапăçусенче тăшманăн 200 çын ытла вилнĕ тата аманнă. Пăлхавçăсен боеприпассем тытакан тăватă складне тата пилĕк автомашинине пĕтернĕ.

## Апат-çимĕç çитмест

ВАРШАВА, январен 9-мĕшĕ. (ТАСС). Варшаваpи тата Польшари ытти хуласенчи аш-какай магазинĕсенче çĕнĕ çул пирвайхи çак кунĕсенче çулексем нуш-нушах. Çынсем продукци илсе пырасса кĕтсе черетре тăраççĕ. Аш-какай пур çерте хаксем хăпараççĕ: иртнĕ çул вĕçĕнчине танлаштарсан, çне ашен килограмĕ 2— [...]

хаксем кунтан-кун ÿссе пыраççĕ, тесе çырать паян «Жиче Варшавы» хаçат. Çĕршывăн нумай районĕсенче аш-какай комбиначĕсенче ĕç чаранса ларнă. Çĕнĕ çулта государство маларахалла шутра выльăх ахăпа сысна сутан илмелли хаксем [...] ашсем чылай ÿсне пулни те, аш-какай комбиначĕсене выльăх пымасть. Хресченсем хăйсен выльăх-чĕрлĕхне сутма тăхта- [...]

## Никама та чару çук

БУХАРЕСТ, январĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Румыния ирĕклĕ телевиденийĕ пĕлтернĕ тăрăх, Наци çăлакан фронт совечĕ паспорт режимĕ çинчен тата урăх çĕршывсене кайса çÿресси çинчен декрет кăларнă.

Çав документпа килĕшÿллĕн Румыни гражданĕсен, вĕсем хăш наци представителĕ, политика тĕлĕшĕнчен мĕнле шухăшлă пулнине тата мĕнле професипе ĕçленине пăхмасăр, урăх çĕршывсене ирĕклĕн кайса çÿреме право пур. Румынин кашни гражданинĕ урăх çĕршывсене каймалли паспорт илме пултарать. Румынире урăх çĕршывсене тухса каймалли тата Румынине пымалли визăсене пăрахăçлаççĕ. Гражданĕсене вĕсем заявлени панă хыççăн 20 кунтан кая юлмасăр паспорт параççĕ. Урăх çĕршыва илсе пурăнмашкăн тухса кайма шут тытнă гражданĕсене вĕсем заявлени панă хыççăн виçĕ уйăхран кая юлмасăр ответ параççĕ.

## Çĕнĕлле йĕркелеççĕ

НЬЮ-ЙОРК, январĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). США Аэронавтикăпа тĕнче уçлăхне тĕпчес енĕпе ĕçлекен наци управленине çĕнĕлле йĕркелеççĕ. США аэрокосмос промышленноçĕн «Авиэйшн уик энд спейс текнолоджи» журналĕ пĕлтернĕ тăрăх, НАСА руководстви икĕ управление — аэронавтика тата космос технологийĕ енĕпе ĕçлекен управление этем Хĕвел системине тĕпчес енĕпе ĕçлекен управление пĕрлештерме йышăннă. Журнал пĕлтернĕ тăрăх, НАСАн çĕнĕ пысăк подразделенине Арнольд Алдрич ертсе пыма пуçлать. Нумаях пулмасть ăна аэронавтикăпа космос технологийĕ енĕпе ĕçлекен управлени начальникĕ пулма уйăрса лартнă.

## Камерун чейĕ

ЯУНДЕ. (ТАСС). Европари тата Америкари рыноксенче Камерун чейне пысăка хурса хаклама пуçланă. 1989 çулта çак çĕршыв ытти государствăсене 2.462 тонна чей сутнă. Çакăн çинчен Камерунă аталанăвне енĕпе ĕçлекен корпорацин генеральнăй директорĕ П. М. Мусонге пресс-конференцире пĕлтернĕ. Камерунра, [illegible] ... чей [illegible] ... Ăна ку çĕршыва Англии колони компанийĕсем [illegible] ... Чей [illegible] ... районĕсенче вырнаçнă. Чей [illegible] ... çине тинесче Камерунра [illegible] ... сунтараççĕ.

## Наркотиксене хирĕç

[illegible]

Яшсенчен ытларахăше Хĕрле ... чах çапăçу ăнăçлăх вĕсеччен ...



...пах тунă, хăй те хулари ... лă вĕренӳ заведенийĕсен ректорĕсен совечĕн членĕнче тă-нă.

Томскри училищĕре çав çулсенче пирĕн республикăри, çав шутра Шăмăршăри пĕтĕм шкулла пĕтерсе пынă çамрăксем те йышлăн вĕреннĕ. Каярахпа вĕсенчен хăшĕсем çар çыхăну академийĕнче пĕлĕве ӳстерне, наука кандидачĕсем пулса тăнă, Афганистанра интернационалла тивĕçе пурнăçланисем те пур.

1979 çул вĕçĕнче В. Н. Никифоров генерал-майора Ленинградри С. М. Буденный ячĕпе хисепленекен çар çыхăну академийĕн факультечĕн начальникĕ пулма çирĕплетеççĕ, ку должноçра вăл 1987 çулхи декабрьччен ĕçлет. 1988 çулхи январьте запаса тухать. Апла пулин те, юратнă ĕçрен уйрăлмасть, паян кун та академире преподавательте ĕçлет.

В. Н. Никифоров общество ĕçĕнчи хастарлăхĕпе те палăрса тăрать. Вăл Белоруссири наградалана. Çыхăну çарĕсен генерал-майорĕн çар званине ăна 1974 çулхи май уйăхĕнче пана.

Никифоровсен икĕ ачи те аслă пĕлӳ илнĕ. Ывăлĕ — наука кандидачĕ, халĕхи вăхăтра парти ĕçĕнче. Хĕрĕ — физик, наука тĕпчев институчĕн сотрудникĕ.

Василий Никифорович ентешĕсемпе, хăй вĕренне шкул коллективĕпе тăча çыхăну тытать, отпуск вăхăтĕнче тăван ... рашать.

— Шупашкарта иртнĕ çулхи августра пулма тӳр килчĕ, — çырать вăл Ленинградран. — Хула мана питĕ килĕшрĕ. Çуралса ӳснĕ вырăнсене кăçал та çитсе курасшăн-ха. Вĕсем маншăн çав тери хаклă.

**В. СТЕПАНОВ.**

*Укерчĕксем çинче:* отставкăри генерал-майор В. Н. Никифоров; тактикăлла занятисем умĕн.

...(ТАСС). Афганистан столицинче партисемпе обществолла-политикăлла организацисен руководителĕсен канашлăвне иртерне. Канашлура Афганистан Республикин президенчĕ Наджибулла самах каланă. Афганистанра çĕнерен мир туса хумашкăн прогрессивлă тата патриотла мĕнпур вăйсене малалла пĕрлештермелле, тенĕ вăл. Канашлура çураçу политикине пурнăçа кĕртмешкĕн Афганис... не ӳстерме кирлине палартнă.

Иртнĕ тавата талăк хушшинче правительство çарĕсем Нангархар, Пактия, Кандагар тата Гильменд провинцийĕсенче оппозици отрячĕсем вырнăçнă районсене вăйлăн тапăннă. Çапăçусенче тăшманăн 200 çын ытла вилнĕ тата аманнă. Пăлхавçăсен боеприпасĕсем тытакан тавата склада тата пилĕк автомашинине петернĕ.

## Камерун чейĕ

ЯУНДЕ. (ТАСС). Европăри тата Америкăри рынокĕсенче Камерун чейне пысăка хурса хаклама пуçланă. 1989 çулта çак çĕршыва ытти государствăсене 2.462 тонна чей сутнă. Çакăн çинчен Камерун ... тарас енĕпе ... генеральнăй ... П. М. Мусонге пресс-конференцире пĕлтернĕ. Камерун... ... йĕнче, чей ĕлĕк-авалтанпах туса илеççĕ. Анă ку çĕршыва Англи колони компанийĕсем çитĕнтерме пуçланă. Чей плантацийĕсем тĕпрен илсен Камерун вулканĕн айккисене тата тинĕс шайĕнчен 2000 метра яхăн çӳлерехри сăртла-тулла районсене вырнаçнă. Чей сутăçине типĕтме Камерунра эвкалипт çунтараççĕ.

## Апат-çимĕç çитмест

ВАРШАВА, январĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Варшавари тата Польшари ытти хуласенчи апат-çимĕç магазинĕсенче çĕнĕ çулăн пирваййи çак кунĕсенче çӳлексем пуш-пушăх. Çынсем продукци илсе пырасса кĕтсе черетре тăраççĕ. Апат-çимĕç пур çĕрте хаксем хăпараççĕ: иртнĕ çул вĕçĕнчипе танлаштарсан, ĕнĕ ашĕн килограмĕ 2—2,5 хут ӳснĕ. Калпассине ытти апат-çимĕç продукчĕсен, сĕт продукчĕсен, çăкăр, сахăр хакĕсем те уйăхсерен чылай пысăкрах. Хаксем ыран мĕнле пулассине никам та пĕлмест, мĕншĕн тесен апат-çимĕç продукчĕсемпе чи кирлĕ таварсен хакĕсем кунтан-кун ӳссе пыраççĕ, тесе çырать паян «Жиче Варшавы» хаçат. Çĕршывăн нумай районĕсенче апат-çимĕç комбиначĕсенче ĕç чарăнса ларнă. Çĕнĕ çулта государство майракалла шултра выльăхпа сысна сутăн илмелли хаксем чылай ӳснĕ пулин те, апат-çимĕç комбиначĕсене выльăх пымасть. Хресченсем хăйсен выльăх-чĕрлĕхне сутма тахтаса тăраççĕ, Ялхуçалăх техникин, запас пайсен, химикатсен тата питĕ кирлĕ ытти таварсен хакĕсем нимĕн чухлĕ ӳссе пыни вĕсене хăйсен продукцийĕн хакĕсемпе улталанасран хăратать.

## Тĕрĕс мар ăнланаççĕ

САН-ФРАНЦИСКО, январĕн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Хĕвеланăçĕнчи массăллă информаци органĕсем ССР Союзĕнче тата Хĕвелтухăç Европари çĕршывсенче пулса иртекен каткăс улшăнусем çинчен тĕрĕс мар ăнлантарса пама хăтланаççĕ. Çав улшăнусене вĕсем «марксизм сухату тӳсни» пулнă пек кăтартма тăрăшаççĕ, «пĕртен-пĕр тĕрĕс çул-йĕр — капитализмла аталану çул-йĕрĕ», тесе ĕнентереççĕ. Кун пирки Америкăри чи паллă историк-ученăйсенчен пĕри, Калифорни университетĕнче ĕçлекен Герберт Аптекер хăйĕн шухăшне пĕлтернĕ.

«Массăллă информаци органĕсенчен нумайăшĕ коммунизм пĕтрĕ, тесе ĕнентерни — ухмахла самах, — тенĕ вăл. — Коммунизмăн тĕп тĕллевĕ — мĕнпур çынсем пĕр тан правăсемпе усă куракан, чăннипех демократилле тĕрĕслĕх обществи туса хурасси. Çавăнпа та коммунизм тавас идея вăл — вилĕмсĕр». Халĕ пуçланнă çĕнетӳ тĕллевĕ те çавах, тет ученăй. Çĕнетӳ вăл коммунизмран пăрăнни мар, пачах урăхла, вăл тĕнчери наукăра тата технологире çав тери пысăк революцисем пулса иртнине шута илсе, ĕç тухăçлăхне ӳстерме, хастарлăха вăйлатма, çыхăнусене тата пултарулăха аталантарма майсем туса парса, обществăна тасатать тата çĕнĕлле йĕркелет.

## Наркотиксене хирĕç

АНКАРА. (ТАСС). Турци полици Голландие ăсатмалла столовăй гарнитурĕнче героин нумай тупнă. Çĕнĕ çулăн пирваййи кунĕсенче полици Турцирен Европăн хĕвеланăç çĕршывне наркотиксем ăсатнине контроллесе тăракан контрабандистсен ушкăнне тытнă. Выранти хаçатсемпе журналсенче наркотиксемпе сутă тунине хирĕç кĕрешӳ мĕнле пыни çинчен час-часах çыраççĕ. Çĕршывăн харушсăрлăх управленийĕн генеральнăй директорĕ Сабахаттин Чакмак-оглу УБА информаци агентствин корреспондентне Турци наркобизнеса хирĕç кĕрешме çирĕп шухăш тытни çинчен пĕлтернĕ. Пĕлтĕр Турцири полици контрабандистсенчен улта тонна яхăн наркотиксем туртса илнĕ. Ытти государствăсен харушсăрлăх органĕсемпе килĕштерсе ĕçлесе, полици çĕршыв тулашĕнче наркотиксемпе сутă тунă 1.200 ытла туркăна тытса хупнă. Турци контрабандисчĕсем уйрăмах активлă ĕçлекен çĕршывсенче Турцин харушсăрлăх управленийĕн представительствисене уçнă.

# ÇЕМЬЕРИ ЫРĂ ЙĂЛА

«Ноябрĕн 7-мĕшĕнче, кăçхине 7 сехетре, Мăн Шетмĕ клубĕнче, салтака каякансене хаваллăса, савăнăçлă тĕлпулу ирттереççĕ», — пĕлтерчĕç вырăнти радиоузелпа. Çиччĕ мар, тăххăр та çитрĕ. Клубра никам та курăнмарĕ. Аçта-ха çамрăксем, комсомолпа профсоюз тата дирекци представителĕсем?» Çак çырăва район хаçачĕн ноябрĕн 21-мĕшĕнче тухнă номерĕнче вуларăм.

Яшсене Тăван çĕршыва сыхлама савăнăçлă лару-тăрура ăсатасси пысăк пĕлтерешлĕ ĕç тесе шутлатăп. Ялтан тухса кайиччен вĕсене пĕтĕм халăхпа чысламалла. Асăнмалăх парне пама манмалла мар. Кашнийĕх çартан хăй хăш ял ачи пулнине, ашшĕ-амăшĕн ятне асра тыттăр.

Шел те, Красноармейски районĕнчи çарĕç комиссариатĕнче ĕçлекенсем шкулсенче, ялсенче сахал пулаççĕ, ят тухнисен ашшĕ-амăшĕпе сайра тĕл пулаççĕ. Çар тата патриотизм темипе райхаçатра çырмашпа пĕрех, вырăнти радиовещанипе тухса каласăнине те илтме çук.

Ноябрĕн 18-мĕшĕнче çĕршыври артиллеристсемпе ракетчиксен кунне паллă турĕç. Райхаçатра вара кун пирки пĕр сăмах та пулмарĕ. Тинĕс-Çар Флочĕн кунĕ ячĕпе те нимĕх те каламарĕç. 1941—45 çулсенче пурнăçне шеллемесĕр çапăçнă морякесен чĕрисем тапма чарăнман-ха. Вăрçă хыççăн карапсем çинче çĕршыв чиккисене сыхланисем ялсенче вуншарăн. Çар чаçĕсенчи офицерсен статйисене мĕншĕн пичетлес мар? Çарĕç комиссариатĕнче ĕçлекенсен çарпа флот пурнăçĕпе мĕншĕн паллаштармалла мар?

Эпĕ Çурçĕр Тинĕс-Çар флотĕнче службăра пулнă. Матрос пурнăçне лайăх пĕлетĕп. Тӳрех калас пулать, çăмăл мар вăл. Аслă ывăлăм Лăплă океанра службăра пулчĕ. Кĕçĕнни Хура Тинĕс-Çар флотне лекрĕ. Халĕ — Балтика флочĕн боцманĕ. Мăшăрпа иксĕмĕр кăштах мухтанатпăр та ывăлăмсемшĕн. Вĕсене нумай пăхнă. Тăван çĕршыва, çара юрăхла çын турăмăр, унта чысласа ăсатрăмăр. Ман атте иртнĕ вăрçăра Ржев патĕнче пуç хунă. Шутлатăп та, çемьене пархатарлă йăла — Тăван çĕршыва сыхласси çирĕп кĕрсе вырнаçнине туйса илетĕп.

**К. ШАЧКИН.**

Красноармейски районĕ, Именкасси ялĕ.

## ВĔРЕНӲРЕ ПУЛĂШАТЬ

Вăрнар районĕнчи Упнерти тулли мар вăтам шкулта ачасене пур енлĕн аталантарас, вĕсен тавракурăмне анлăлатас тĕлĕшпе нумай ĕçлеççĕ. Кунта Вăрнарти музыка шкулĕн филиалне уçни ачасемшĕн пысăк савăнăç пулчĕ.

Шкулти художество пултарулăх коллективĕ 1982 çултанпа концертсемпе ăçтаăçта çитмерĕ пулĕ! Куракансене оркестр репертуарĕнчи чăваш халăх юррисене уйрăмах кăмăла каять. Нумай пулмасть, тĕрлĕ жанр ăстисене пĕрлештерсе, «Пултарулăх ушкăнĕ» йĕркелерĕмĕр.

Шкулта ашшĕ-амăшĕсен пухăвне ирттернĕ чухне яланах ...чи малтан ачасене сăмах параççĕ, вĕсен концерчĕ пурне те савăнтарать. Кашнин ашшĕ е амăшĕ хăйĕн ачине шкулта мĕне вĕрентнине, пурнăç çулĕ çине кăларас ĕçре мĕнле майсемпе усă курнине кунта, хăй куçĕпе курать.

**В. МИХАЙЛОВ,**
художество пултарулăх руководителĕ.

# ТУСЛĂХ ÇУЛĔПЕ

Тĕвчĕрн педагогика училищинче «Вĕренекенсене интернационалла воспитани парасси» темăпа парти организацийĕн уçă пухăвĕ пулса иртрĕ. Унта, пăнихи ĕçсене тишкерипе пĕрлех, мероприятисен малашлăх планне çирĕплетреç.

Педучилищĕре ытларах вырăссем (пĕтĕм вĕренекенсен 37 процентĕ), чăвашсем (36 процент) тата тутарсем (22 процент) пулнине шута илсе, çак виçĕ чĕлхепе уйăхне пĕрре стена хаçачĕ кăларма, «Тăван халăхăн историйĕпе культури» темăпа лекцисем вулама, Шупашкар, Хусан тата Ульяновск хулисене экскурсисем йĕркелеме палăртнă. Пухăва хутшăннă преподавательсемпе вĕренекенсем, пĕр шухăшлă пулса, училищĕпе Çеçпĕл Мишши ятне парассипĕн сасăлана.

Калас пулать, çак плана пурнăçа кĕртме тытăнни ĕнтĕ. Çеçпĕл юбилейне паллă тунă чух кунта Канашри педагогика училищинче вĕренекенсем тата Чăваш патшалăх университечĕн студенчĕсем хăнара пулнă, вĕсемпе туслă çыхăнăва малалла тăсма калаçса татăлнă.

Декабрь пуçламăшĕнче училищĕре поэзипе фольклор эрни иртрĕ. Тĕрлĕ чĕлхепе кăларнă стена хаçачĕсем, викторинăсем, кĕнеке выставкисем нурин кăмăлне те кайрĕç. Концерт касĕ вара кашнин чĕрине хускатрĕ: сцена çинчен тăватă чĕлхепе — вырăсла, чăвашла, тутарла, ирçелле — юрăсем янраччĕç, сăвăсем янăрарĕç. Куракансене «Çалкуç» чăваш фольклор ансамблĕн пултарулăхĕ уйрăмах кăмăла кайрĕ. Ăна педучилищĕ общежитийĕсен воспитателĕ Елена Владимировна Тунгулова йĕркелерĕ.

**О. КУЛЬЕВ,**
педучилище преподавателĕ, «Коммунизм ялавĕн» штатра тăмаи корреспонденчĕ.

Хула историйĕн музейĕ вăлли Çĕнĕ Шупашкарта ултă çул каяллах ятарлă çурт туса лартнăччĕ. Çав вăхăтрапа кунта виçĕ директор улшăнчĕ пулин те, музее çав-çавах хута ярăймарĕç.

— Ман умĕн икĕ арçын-директор ĕçлесе пăхнă кунта, сĕтел-пукан илсе лартнă, чӳречесем çине решеткесем турттарнă. Анчах, çурт тăррине йĕркеллĕ туса хваармасшăн пула, çумăр шывĕ кайса кирпĕч стенасем йĕпенсе пиĕлме пуçланă, юман паркет сарнă урай çĕрсе юрăхсăра тухнă,— каласа парать музейăн хальхи директорĕ С. Н. Винокурова.

Светлана Ивановна ĕçе пуçăнсан, малтанах экспонатсене пухăпшиш пирки интересленме пуçланă. Выранти ватăсемпе курса калаçнă, вĕсен асăнлăвĕсене çырса пынă, документсем пухнă, предприятисемпе организацисене хăйсен экспоначĕсене пухса пама сĕннĕ. Шел, чылайăшĕ ку ĕçрен пăрăннă, пулăшу паман. Вара директор хулари «Путь к коммунизму» хаçатра заметка пичетлет. Унта авалхи Аммикасси тата Шуркасси ялĕсен историйĕпе паллаштарать, экспонатсем таратма васкаман предприяти руководителĕсемпе парторганизаци секретарĕсене критиклет, хулара пурăнакансемпе шкул ачисене çак ĕçе хутшăнма чĕнсе калать. Музей çуртне юсама та пулăшу кирлĕ пулнă. Ку заметка 1987 çулхи июнĕн 4-мĕшĕнче пичетленнĕ.

Парти хула комитечĕн ун чухнехи пĕрремĕш секретарĕ А. Н. Андрианов пулăшнине, ответлă çынсене музей çуртне чĕнсе илме май килнĕ пĕррехинче. Çивĕч калаçу пулса иртессе шаннă директор. Анчах çак музейри тĕлпулу пуçланиччĕнех ăна парти хула комитечĕн иккĕмĕш секретарĕ Н. Н. Мурыгина хăтарса илнĕ. Мĕншĕн тетĕр-и? Тĕлпулăва хаçат корреспондентне чĕннĕшĕн.

Икĕ çул хушшинче епле тертленни çинчен, вырăнти руководительсенчен кам епле «тăрăшни» çинчен кăмăлсăррăн аса илет вăл. Ответлă руководительсенчен пĕри — хула Совет ĕçтăвкомĕн культура пайĕн заведующийĕ Борис Григорьевич Романов. Ун кабинетне пайтах кĕрсе йăлăнма тивнĕ пулăшу ыйтса. Акă вăл юлашкинчен панă ответ: «Чаннипех каласан, манăн музей ыйтăвĕпе ĕçлеме вăхăт та, кăмăл та пулман».

Культура ыйтăвĕпе ĕçлекен тепĕр ответлă çын — парти хула комитечĕн инструкторĕ Владимир Петрович Матвеев. Вăл, пулăшас вырăнне, хула хаçатĕнче июньте тухнă заметка авторне Светлана Ивановна Винокуровăна хăй патне чĕнтернĕ, ятлама пуçланă: «Мĕншĕн эсир, ответлăха туймасăр, пирĕнпе калаçса таталмасăр, çак критикăллă заметкăна хаçатра пичетленĕ-ха? Мĕншĕн пурри çӳп-çапа таçта айккине кăларасшăн?» Пулăшу илес вырăнне, директорăн «каçару ыйтма» тивнĕ.

Пушарниксемпе «Электросеть» работникĕсем кăна хăйсен ĕçне вăхăтра пырса туса панă, ыттисем вара васкаман. Парторганизацисен секретарĕсене — хула комитетне, хуçалăх руководителĕсене хула Совечĕн ĕçтăвкомне чĕнсе калаçни те усă параймаи.

Музей çуртне «Чувашградострой» проектпа строительство пĕрлешĕвĕн 103-мĕш строительство управленийĕ çĕклевĕ, анчах та çумăр шывĕ юхса анмалли пăраха йĕркеллĕ вырнаçтарса хваарман пирки çурт тăррине шыв кӳлленсе тăма тытăннă. Çав шывах стенасене йĕпетсе çĕртнĕ, урайне юрăхсăра кăларнă. Чӳрече хупмалли решеткесене тĕрĕс хупмалла тумаинине пула «Стройтехника» завода заказ парса тата укçа тӳлесе çĕнĕрен тутарма тивнĕ. Юрать-ха Шупашкарти отделка ĕçĕсене тăвакан специализациллĕ управлени стенасене шуратнă, урайне юсаса панă.

Хула Совет ĕçтăвкомĕн Б. Мубщов ертсе пыракан пурăнмалли çурт-йĕрпе коммуналлă хуçалăхăн производство пĕрлешĕвĕ музее хăйĕн балансĕ çине илсе пулăшу парасшăн мар. Архивра кун пирки йышăннă документсем тупсан кăна ăна ӳкĕте кĕртме май килнĕ. «Чувашградострой» пĕрлешӳри «Зодчий» кооператив та музейри экспонатсене вырнаçтармалли галерейăна туса пĕтересси тасса янă. Ишĕлсе пыракан крыльцасене юсакан та çук халĕхе.

Нумай экспонатсене, упрама условисем çук пирки, вăхăтлăха каялла тавăрса пана е Шупашкарти краеведени музейне леçнĕ (кунти музей — унăн филиалĕ). Асăннă ĕçсене туса пĕтермесĕр музей уçăлас çук. Музейăн çак вăрăма тăсăлакан савăнăçсăр историйĕ хăçан вĕçленесси тата калама йывăр. Тен, ку ыйту çине хула пуçлăхĕсем уçăмлăрах ответлĕç.

**М. КУЗЬМИН.**

*Ырана хăвармасăр татса памалли ыйту*

# МУЗЕЙĂН ВĂРĂМА ТĂСĂЛНĂ ИСТОРИЙĔ

«КОММУНИЗМ ЯЛАВНЕ» ОТВЕТЛЕÇÇĔ

# «Кирлĕ-и Çĕмĕрлере стройтрест?»

Çак ятпа пичетленнĕ статьяра («Коммунизм ялавĕ», октябрĕн 14-мĕшĕ) Çĕмĕрле хулинче тата унăн çывăхĕнче строительство ĕçĕсем анлăн сарăлнă май хăватлă организаци туса хурас ыйтăва хускатнă.

«Статья питĕ тĕрĕс. 8-мĕш стройуправленин промышленность базине хута ярсан, Çĕмĕрлере трест йĕркелеме майсем пур, — пĕлтерет КПСС Çĕмĕрле хула комитечĕн пĕрремĕш секретарĕ А. Козлов.

— Хулари партипе хуçалăх активĕн пухăвĕ те, ку ыйтăва 1989 çулхи октябрĕн 26-мĕшĕнче сӳтсе явса, «Чувашстрой» пĕрлешӳрен трест туса хумашкăн ыйтса решени йышăнчĕ».

КПСС Хĕрлĕ Чутай райкомĕн пĕрремĕш секретарĕ В. Петьков хăйĕн çырăвĕнче çакна палăртать: «Республикăн хĕвеланăç енчи районĕсенче хăватлă строительство организацийĕ туса хума тахçанах вăхăт çитнĕ. Çакă вăл ялсен сăн-сăпатне çĕнетме, Апат-çимĕç программине пурнăçлас ĕçе хăвăртлатма пулăшĕччĕ. Хĕрлĕ Чутай районĕнчи заказчиксем треста 1990 çулта 1.350 пин тенкĕлĕх, 1991—1995 çулсенче — 14,5 миллион тенкĕлĕх çурт-йĕр лартттарма пултараççĕ».

Чăваш АССР Госпланĕн председателĕн заместителĕ А. Харлакевич редакцие ярса панă ответра вара шухăш уçăмлах мар. «Статьяра хускатнă ыйту питĕ вырăнлă пек; Çĕмĕрлере трест туса хуни пĕчĕк хулана аталантарма, ялсенче строительство калăпăшне ӳстерме май парать, — тет вăл. — Анчах ыйтăва пур енчен те никĕслесе панă теме çук. 8-мĕш стройуправлени юлашки çулсенче ĕçсен калăпăшне чылай пысăклатнă, анчах трест валли ĕçсем çителĕклĕ мар. Кунпа пĕр вăхăтрах Çĕмĕрлепе Хĕрлĕ Чутай районĕсенчи подряд организацийĕн хăвачĕсемпе те кирлĕ пек усă курмаççĕ, вĕсене малалла аталантарас енĕпе тăрăшни çитмест».

# ÇУТÇАНТАЛĂК ТУСĔСЕМ ВАЛЛИ

Шупашкарти Хусанкай урамĕнче вырнаçнă «Поиск» клубри çенелĕхе чи малтан, паллах, ачасем асăрхарĕç. Кунта çĕнĕ çул умĕн уçăлнă «Аквариум» салон вĕсемшĕн чи илĕртӳллĕ выран пулса тăчĕ. Аквариумсенчи илемлĕ пулăсене курма ушкăнĕ-ушкăнĕпе килеççĕ. Килте декоративлă пулăсем тытас тата ĕрчетес текенсем те йышлă. Аквариума илемлетекен ӳсентăран та, пулă апачĕ те туянма пулать.

— Магазин вунтăран пуçласа каçхине улттăччен ĕçлемелле. Анчах çутçанталăк тусĕсене кӳрентерес мар тесе, каярах та хупатпăр, — тет Анатолий Солухин продавец.

Хуçалăх расчечĕпе ĕçлекен салона вĕсем иккĕн тытса тăраççĕ.

А. Солухин аквариум пуллисемпе пĕчĕклех интересленме пуçланă, вĕсене ĕрчетнĕ. Хăй тĕллĕн нумай вуланă, вĕреннĕ вăл ку ĕнĕпе. Шыври чĕрчун тĕнчи çинчен сехечĕ-сехечĕпе калаçма хатĕр, пулăсем çинчен темĕн те пĕлет. Александр Кириллов вара — ихтиолог, ятарласа пĕлӳ илнĕ. Салонри ĕçе вĕсем наукăри çĕнӳсене çĕнĕлĕхсене тĕпе хурса йĕркелесе ярасшăн.

— Çак вăççĕр литр кĕрекен аквариумсене часах вырнаçтарса пĕтеретпĕр, — паллаштарать хăйсен хуçалăхĕпе А. Кириллов. — Кунта выставка залĕ пулать. Çĕр чăмăрĕ çинчи тĕрлĕ вырăнсенчи пулăсен тĕслĕхĕсене ĕрчететпĕр. Хăйне евĕр пĕлӳ залĕнче çак пулăсем çинчен, вĕсем пурăнакан тăрăхри климат çинчен каласа паракан литература та пулмалла. Паян пирĕн салона килекенсене вунпилĕк тĕрлĕ аквариум пулли сĕнме пултаратпăр. Малашне ку хисеп чылай ӳссе пымалла.

Аквариум пуллисене халиччен хулан çурçĕр-хĕвеланăç районĕнчи «Природа» магазинпа пасарта кăна туянма пулатчĕ. Магазинра ассортимент чухăн, пасарта хăйсем «сыптаççĕ». Салон çутçанталăк тусĕсен ыйтăвĕсене туллинрех тивĕçтерес пек туйăнать. Тавар пасартинчен чылай йӳнĕ, государство хакĕпе пĕр майлах. Тупса илме çитĕ йывăр аквариумсене хатĕрлеме те тытăнасшăн салонра.

Тепĕр тĕллев — аквариум пуллисене ĕрчетекенсен обществине йĕркелесси. Çутçанталăк тусĕсем унта пухăнма пуçланă та ĕнтĕ.

А. ЛУКИЯНОВА.

*Сигĕн ыйтăва мĕнле тивĕçтерĕççĕ?*

# ВĂХĂТА ИРТТЕРМЕ, КАНМА КĂМĂЛЛĂ

Муркаш районĕнчи Мăн Сĕнтĕрти райпо коллективĕ ял çыннисен ыйтăвĕсене туллин тата вăхăтра тивĕçтерме тăрăшать, ĕçре çĕнĕ меслетсемпе анлăн усă курать. Мăн Сĕнтĕрти хуçалăх, культура таварĕсем сутакан магазинсенче, Сыпай, Юнкăпус ялĕсенчи магазинсенче ĕç культури яланах пысăк шайра. Кунти кооператорсем самообслуживани йĕркипе ĕçлеççĕ, кирлĕ таварсене ял çыннисен заявкисем тăрăх ятарласа кӳрсе килеççĕ. Çавна май магазин коллективĕсем таварçаврăнăш планĕсене уйăхран уйăха ăнăçлă пурнăçласа пыраççĕ.

Иккĕмĕш квартал итогĕсем тăрăх, мăнсĕнтĕрсем Чăваш АССР Министрсен Совечĕн тата облпрофсоветăн куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавне тивĕç пулнă. Çулталăка ăнăçлă вĕçленĕ.

Райпори обществăлла апатлану системинче ĕçлекенсем те ырă тĕслĕх кăтартаççĕ. Калайкассинчи шашлык пĕçерекен кафере ĕçлекенсенех илер. ахă. Раиса Спиридоновна Тарасова повар ертсе пыракан туслă коллектив çынсене яланах тарават кĕтсе илет, тутлă апат-çимĕçпе сăйлать.

Кафе аслă çул хĕрринче, хуçалăхра усă куракан таварсем сутакан магазинпа юнашар вырнаçнă. Çавна май, кунта яланах халăх йышлă. Иртен-çӳрен, строительсем ытларах апатланаççĕ. Кафере пушă вăхăта иртерме, канма та кăмăллă.

Ю. ЮРЬЕВ.

# ТАВА ТИВĔÇЛĔ

Çĕмĕрлери 25-мĕш аптекăра ĕçлекенсем кунта килсе çӳрекенсене яланах ăшă кăмăлпа кĕтсе илеççĕ, кашнинех кирлĕ эмелне тивĕçтерме тăрăшаççĕ.

Ку аптекăра Тăван çĕршывăн аслă вăрçин ветеранĕсем сусăрланса юлнă çынсем час-часах пулаççĕ. Вĕсен кăмăлне тупма пĕлеççĕ аптека ĕçченĕсем. Çакна сĕнӳсен кĕнекинче çырса хăварнă тĕслĕхсемпе аван çирĕплетме пулать.

Г. ИВАНОВ.

*Выставка залĕсенче*



# ЎКЕРЧĔК ĂНСĂРТРАН ÇУРАЛМАСТЬ

**ШУПАШКАРТИ «ÇЕСПЕЛ» КИНОТЕАТРТА И. В. ВЛАДИМИРОВ ХУДОЖНИК ВЫСТАВКИ УÇАЛЧĔ. ГРАФИКА АСТИ ĂНА ХАЙ ХАÇАТРА ĔÇЛЕМЕ ПУÇЛАНАРАНПА 30 ÇУЛ ÇИТНИНЕ ХАЛАЛЛАНĂ.**

— Чи малтанах «Советская Чувашия» хаçатра хамăрăн чаплă ентешĕмĕрпе, В. И. Чапаевпа çыхăннă вырăнсене сăнлакан ӳкерчĕксем пичетленсе тухнăччĕ, — аса илет Иван Владимирович. — Акă, тĕслĕхрен, Будайка ялĕ пулнă вырăн.

Шупашкарти паллă çуртсем, истори тĕлĕшенчен хаклă вырăнсем — çак тема И. Владимиров график пултарулăхĕнче пысăк вырăн йышăнать. Сăмахран, унччен пĕтĕм халăха илĕртсе тăнă Атăл хĕрри, халĕ Шупашкар ГЭСне пула çухалнăскер, выставкăри вуншар ӳкерчĕкре сăнланнă. Çав вăхăтрах ГЭС кунçулĕпе те самаях аван паллашма пултаратпăр эпир экспозицире.

Пăмраллă чăваш ялĕ, ун ĕçчен çыннисем — çак тема та çывăх художника. Хăй те ялта ӳссе çитĕннĕскер, И. Владимиров ун пурнăçне ăшшăн сăнлать.

График ĕçĕсем «Капкăн» журналта та час-часах пичетленсе тухаççĕ. Вĕсенче художник пирĕн пурнăçри çитменлĕхсене, киревсĕрлĕхсене çивĕччĕн питлет. Ĕçкĕпе супăшакансене, çăткăн та сăпайсăр çынсене, вăрăсене, ĕç вырăнĕпе усă курса таса мар ĕçпе вараланакан, пултарусăр пуçлăхсене уйрăмах кураймасть ун пери, намăслантарать вĕсене, тăрă шыв çине кăларать, тӳрĕ çул суйласа илме чĕнет. Иван Владимировичпа «Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцийĕнче темиçе çул пĕрле ĕçленĕ май, çакна та палăртса хăварас килет. Художникăн сатирăлла ӳкерчĕкĕсем ăнсăртран мар çуралаççĕ: тĕрĕсмарлăха асăрхасан, чĕнмесĕр чăтаймасть вăл, пĕтĕм чун-чĕрипе сивлет ăна, тӳнтерле пулăмсемпе вăйĕ çитнĕ таран кĕрешет.

Выставкăра пурĕ 200 яхăн ĕç.

Л. АФАНАСЬЕВА.

Ватă Шупашкар (Унччен хи Троицки мăнастир).

— Ахăртнех, хамăр завод кирпĕчех ӳкрĕ пулмалла.

• • •

— Ку вăрра йытă та вĕрме пăрахрĕ ĕнтĕ...

И. Владимиров ӳкерчĕкĕсем.

*Çĕнĕ кĕнеке*

# ПАТТĂРСЕНЕ ЧЫСЛАСА

Авăт Атăл кĕнеке издательствинче «Будни Волжской победы» кĕнеке пичетленсе тухнă. Унăн авторĕ, филологи наукисен докторĕ В. Б. Смирнов Сталинград патĕнчи çапăçусене хутшăннă тата ун çинчен çырнă писательсемпе поэтсем — Михаил Шолоховпа Константин Симонов, Василий Гроссманпа Галина Николаева, Борис Полевойпа Василий Коротков тата ытти вуншар совет литераторĕ çинчен каласа панă, вĕсен произведенийĕсене тишкернĕ.

Кĕнекере Сталинград патĕрлăхĕ çинчен пирĕн çĕршыври тĕрлĕ халăх литераторĕсем хавхаланса çырнине палăртнă, çав шутра Петĕр Хусанкайăн «Тăрнасем» сăввине асăнса хăварнă. 26-мĕш страницăра ку сăвăри пĕр абзаца кĕртнĕ. Герой-хулана хӳтĕлесе пуç хунă минометчиксен взвочĕн командирĕ, чăвашсен паллă поэчĕ Владимир Бараев-Сĕрккей хушаматне те тĕл пулатпăр кунта.

«Курсантсен альманахĕнчи» юрă-такмаксене анлăн илсе кăтартнă.

П. ЮТКИН.

Спорт ═══ Спорт

# ГАВАЙ УТРАВĔСЕМ ÇИНЧЕ

Çĕнĕ Шупашкарти СССР спорт мастерĕ О. Егорова 1990 çула Америкăра, тĕрĕсрех каласан, Гавай утравĕсем çинче кĕтсе илнĕ. Кунта вăл тăвая çĕршыв командин чысне 30 километрлă эстафетăлла ăмăртура хӳтĕленĕ.

Эпир вунсакăр çулхи Ольгăпа çак кунсенче Çĕнĕ Шупашкарти манежра тĕл пулатăмăр.

— Гавай утравĕсем — США-н хăйне евĕрлĕ штачĕ. Унта çитес тесен, кунĕпе самолетпа вĕçмелле, — тет «Химпром» производство пĕрлешĕвĕн спорт шкулĕнче ăсталăх пухнă О. Егорова. — Мускавран тӳрех Нью-Йорка вĕçсе кайрăмăр, унтан — Америка континентĕн тепĕр енне. XXIII Олимп вăййисем пулса иртнĕ Лос-Анджелес хулине, малалла вара — Лăпкă океан çийĕн Гавай утравĕсене...

...фетăра кашни команда чысне улттă спортсменка хӳтĕленĕ.

— Пĕрремĕш тапхăрта пирĕн командăшăн Белоруссен хĕрĕ Татьяна Голушко чупрĕ. Пилĕк километрлă дистанцире вăл вунтăххăрмĕш вырăн кăна йышăнчĕ. Паллах, çул çинче ... иртсе кайми. Ытти тапхăрсенче те пирĕн хĕрсем мала тухаймарĕç. Воронеж облаçĕнчи Алевтина Жилкина пиллĕкмĕш тапхăра вунпĕрмĕш вĕçлерĕ. Тренерсем юлашки тапхăрта ăмăртма мана шанчĕç. Командăна маларах кăларас тесе, пĕтĕм вăя патăм, анчах та хамран 600—800 метр маларах чупса пыракан Япони, ГДР, США спортсменкисене хăваласа çитеймерĕм. Апла пулин те, улттăмĕш тапхăрта эпĕ чи лайăх вăхăт кăтартрăм. Сăлăнпăн мана Япо...

# ПĔЛТЕРӲСЕМ

*Халăхсен Туслăхĕ орденлĕ Чăваш çамрăкĕсен театрĕ*

**январĕн 14—15-мĕшĕсенче**

## «ТУЙ КАÇХИНЕ»

*(«Çурçĕр хыççăнхи апатлану»)*

**драмăна пуçласа кăтартать.**

Пьеса авторĕ — Борис Чиндыков. Спектакль режиссерĕ — Вячеслав Оринов. Художникĕ — Чăваш АССР тава тивĕçлĕ художникĕ Николай Максимов. Композиторĕ — Николай Казаков.

Рольсенче: Валерий Иовлев, Сергей Павлов, Галина Пескова, Иван Путяков, Светлана Савельева, Валентина Сурикова артистсем, Чăваш АССР тава тивĕçлĕ артисчĕсем Лидия Красова, Валентина Музыкантова, Василий Павлов, Чăваш АССР культурăн тава тивĕçлĕ ĕçченĕсем Елена Иовлевапа Елизавета Шайдукова.

Спектакльсем 19 сехетре пуçланаççĕ.

Таравтлăн кĕтетпĕр сире, хисеплĕ юлташсем!

## «ЧЭАЗ» производство пĕрлешĕвĕпе Шупашкарти 1-мĕш профтехучилище

СССР Хĕçпăшаллă Вăйĕсен ретĕнчен запаса тухнă яшсене çак специальноçсене вĕренме илеççĕ: анлă профиллĕ станочник, технологи оборудованийĕн гидросистемисен юсавçă-слесарĕ.

Станочниксен группинче 6 уйăх, юсавçă-слесарьсен группинче 4 уйăх вĕренмелле.

Вĕренекенсене уйăхне 30 тенкĕ стипенди параççĕ, производство пĕрлешĕвĕ стипенди сумне 60 тенкĕ хушса тӳлет. Производство практики вăхăтĕнче вĕренекенсем ĕç укçин 50 процентне илме илеççĕ. Училищĕре вĕреннĕ вăхăт ĕç стажне кĕрет.

**Занятисем январĕн 15-мĕшĕнче пуçланаççĕ.**

Заявленипе пĕрле çак документсем кирлĕ: медицина справки, 2 сăнӳкерчĕк (3х4 см), вăтам пĕлӳ илни çинчен панă документ.

Заявленисене çак адреспа йышăнаççĕ: **г. Чебоксары, пр. Ленина, 9, ПТУ № 1.**

22-15-93 телефонпа тĕплĕнрех ыйтса пĕлме пулать.

## Шупашкарти троллейбус управленийĕ

троллейбус водителĕсен курсне вĕренме илет.

Вăтам пĕлӳ илнĕ 18 çултан асларах çамрăксене йышăнаççĕ. Вĕренекенсене уйăхне 85 тенкĕ стипенди параççĕ. 6 уйăх вĕренмелле. Курса вĕренме кĕрес текенсемпе январĕн 15-мĕшĕнче калаçу ирттерĕççĕ.

Тĕплĕнрех çак адреспа ыйтса пĕлмелле: **Шупашкар, Энгельс урамĕ, 27, троллейбус управленийĕн кадрсен пайĕ, телефон 21-91-89.**

## ШУПАШКАРТИ ПРОКАТ КОМБИНАЧĔН ПУЛАШУСЕН БЮРОВĔ

икĕ çерте ĕçлесе траур чечченĕсем хатĕрлекенсене, ... сем çĕлекенсене, килти сĕвĕ машинисене юсама тата йĕр-кере тытса тăма вĕрентекен курссене преподавательсене чĕнет.

Çак адреспа ыйтса пĕлмелле: **г. Чебоксары, ул. Карла Маркса, дом 24, бюро услуг, телефон 22-28-95.**

## «ЧУВАШАГРОПРОМСТРОЙ» ПĔРЛЕШĔВĔН «КАНАШСКАЯ» СТРОИТЕЛЬСТВО ОРГАНИЗАЦИЙĔ

çĕнĕ «ГАЗ-САЗ-3507» автомобиле, çĕнĕ «Кубань» е «КАВЗ» автобуспа улăштарать.

Çак адреспа тĕплĕнрех ыйтса пĕлмелле: **г. Канаш, ул. Кооперативная, 18.**

Телефонсем: 3-17-92, 3-25-80, 3-17-96.

## ĔÇЕ ВЫРНАÇТАРАКАН ЦЕНТР

*Театр*

# ЧĔРĔЛЕÇÇĔ ПУКАНЕСЕМ

татосем самообслуживани йĕркипе ĕçлессĕ, кирлĕ таварсене ял çыннисен заявкисем тăрăх илтерлесе кĕрсе килессĕ. Çавна май магазин коллективĕсем таварсаврăнăш планĕсене уйăхран уйăха ăнăçлă пурнăçласа пырассĕ.

Иккĕмĕш квартал итогĕсем тăрăх, мăнсĕнтĕрсем Чăваш АССР Министрсен Совечĕн тата облпрофсоветăн куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавĕпе наградăланă, ... сăйлать.

Кафе валли çул хĕрринче, хусалăхра усă куракан таварсем сутакан магазинпа юнашар вырнаçнă. Çавна май, кунта ялăнах халăх пысăк. Иртен-çӳрен, строительсем ытларах апатланассĕ. Кафере пичĕ вăхăтра ирттерме, канма та кăмăллă.

Ю. ЮРЬЕВ.

# ТАВА ТИВĔÇЛĔ

Çӗмĕрлери 25-мĕш аптекăра ĕçлекенсем кунта килсе çӳрекенсене ялапах ăшă кăмăлпа кĕтсе илессĕ, кашнинех кирлĕ эмелпе тивĕçтерме тăрăшассĕ.

Ку аптекăра Тăван çĕршыв вăрçин ветеранĕсем, сусăрланнисем юлнă çынсем часрах пулăшу пулассĕ. Вĕсен кăмăлне тупма пĕлессĕ аптека ĕçченĕсем. Çакна сĕнĕсен кĕнекинче çырса хăварнă тĕслĕхсемпе аван çирĕплетме пулать.

Г. ИВАНОВ.

*Çĕнĕ кĕнеке*

# ПАТТĂРСЕНЕ ЧЫСЛАСА

Анат Атăл кĕнеке издательствинче «Будни Волжской победы» кĕнеке пичетленсе тухнă. Унăн авторĕ, филологи наукисен докторĕ В. Б. Смирнов Сталинград патĕнчи çапăçусене хутшăннă тата ун çинчен çырнă писательсемпе поэтсем — Михаил Шолоховпа Константин Симонов, Василий Гроссманпа Галина Николаева, Борис Полевойпа Василий Коротков тата ытти вунăшар совет литераторĕ çинчен каласа панă, вĕсен произведенийĕсене тишкернĕ.

Кĕнекере Сталинград патĕрлăхĕ çинчен пирĕн çĕршывра тĕрлĕ халăх литераторĕсем хавхаланса çырнине палăртнă, çав шутра Петĕр Хусанкайăн «Тăрнасем» сăввине асăнса хăварнă. 26-мĕш страницăра ку сăвăра пĕр абзаца кĕртнĕ. Герой-хулана хӳтĕлесе пуç хунă минометчиксен взвочĕн командирĕн, чăвашсен паллă поэчĕн Владимир Бараев-Сĕрккен хушаматне те тĕл пулатпăр кунта.

«Курсантсен альманахĕнчи» юрă-такмаксене вилĕн илсе кăтартнă.

П. ЮТКИН.

*Театр*

# ЧĔРĔЛЕÇÇĔ ПУКАНЕСЕМ

ПУКАНЕ театрĕн искусствинче мĕн тĕп вырăн йышăнни пирки тĕрлĕ майлă шутласа-виçса пăхсан çак пĕтĕмлетӳ патне пырса тухатăн: тĕп вырăнта — пукане чун кĕртесси. Пукане театрĕн искусствин тĕп шухăшĕ те — çакă. Паллах, çак театр майĕсемпе театр искусствин ытти енĕсене те (сăмахран, драмăпа, балетра) усă курассĕ. Анчах пукане вылятакансем çеç асамлă ĕç тума пултарассĕ: чĕрĕ мар пукане чун кĕртсе персонаж туса хурассĕ. Теп, çавăнпах пулĕ, ĕлĕк пуканепе ĕçленĕ çынсене чикӳ карти çывăхне пытарма ирĕк паман. Чунсăр япалана чун кĕртес енĕпе вĕсем турăпа ăмăртнă имĕш.

Пукане вылятакансен асамлă вăйне ачасем уйрăмах ĕненессĕ. Кăçалхи сезонра Чăваш Пукане театрĕ вĕсем валли çĕнĕ икĕ спектакль лартрĕ. В. Масловăн «Сказка странствующего факира» тата Юхма Мишшин «Итлемен ачах чĕппи». Çак пьесăсен сюжечĕсемпе геройĕсен, вăхăчĕ тĕрлĕрен пулин те, спектакльсене пĕрпеклĕх пур. Çав пĕрпеклĕх малтанах театр тĕллевĕсене — çамрăк куракансене, пукане театрĕн искусствин анлăлăхне кăтартса пама тăрăшнине палăртать.

«Итлемен ачах чĕппи» (режиссерĕ — В. Иванов, художникĕ — В. Карпов) — хăйне евĕрлĕ ретро-спектакль. Хăй вăхăтĕнче перчеткеллĕ тата петрушка-пукаНесем сцена çине час-часах тухнă. Халĕ ĕнтĕ петрушниксен ăсталăхĕ манăçа тухнăпа пĕрех. Саcă кăлармалли ятарлă инструментпа («пишикпа») усă курма пĕлекен те сахал.

Çавăнпа та паянхи сцена çинче çакăн йышши пукане выляннине курма уйрăмах интереслĕ. Петрушка-пуканене актер алă çине тăхăнать, çавăнпа пукане епле утасси, унăн сассси йăлтах актер ăсталăхĕнчен килет. А. Тимофеева лапма-тăма пĕлмен, йăпă, чарусăр, харсăр Шип чĕпĕ рольне ăста кăларать (Паллах, çак Шип сăнарĕ уолă пĕр-пĕр ача сăнарĕ туcса тăрать). Шип юррисене, вĕсем куракансене савăнăçпа хавасăх кӳрессĕ пулин те, çав тери ăнăçлă пулса тухнă теме çук.

А. Степанова выляканн Амăшĕ-чăх рольĕ çинчен темĕн чухлех калама пулать. Е çав тери лăпкă Амăшĕ. Тепĕр чух ниçта кайса кĕреймн хыпкаланчăк. Е питĕ пăлханчăк. Спектакльта Вăкăр вара ĕне пек пулса тухнă. Савăнпах пулĕ П. Ильин актера пуканене алла илме йывăр. Пукане театрĕнче актер ĕçĕ художникран та нумай килет, тесе каласшăн эпĕ, Вăкăрăн хаярлăхĕпе усаллăхне кăтартас тесе, актер тем пек тăрăшрĕ пулин те, ачасем пурпĕрех çак сăнарта мăшăлти-мĕшĕлти, ӳркенчĕк ĕнене курассĕ. Паллах, Анăка та (Г. Кириллов), Тилле те (Е. Хорькова), Качакана та (П. Зубайкин) уйăрса илме пулать, анчах ку пуканесем пит курăмлах мар, çавăнпа çак сăнарсем тăрăх хамăр пĕлекен çынсен характерĕсене палласа илме йывăр. Чĕпсемпе Тилĕ çинчен каласа пама тĕллев тытман-çке пукане театрĕн актерĕсем, вăлтса та юптарса çынсем çинчен — пирĕн çинчен каласа парассĕ вĕсем. Юптарусемпе юмахсене те çав тĕллевпех хывнă. Ахальтен мар ĕнтĕ пукане театрĕн чи юратнă жанрĕ — юмах.

ПУКАНЕНЕ чун кĕртесси — пултарулăх ĕçĕнчи чи пысăк савăнăç. Анчах çăмăллăн килмест вăл. Пуканене вырăнтан вырăна куçарса лартнипе е силлекелесе илнипе нимĕн те пулмасть-çке, кĕвĕ пек çыхăнуллă, илемлĕ тата çав вăхăтрах пĕлтерĕшлĕ хусканусем тумалла. Савăн чухне тин сăнарсем пĕр-пĕринчен уйрăлса тăма, хăйсен рольне уçса пама пултарассĕ.

В. Масловăн «Сказка странствующего факира» спектаклĕнче çын маска тата пукане хушшинчи логика çыхăнăвне тĕрĕс палăртнă. Анет — Калиф çинчен калакан юмах философиллĕ юмахсен шутне кĕрет. Этем ĕçĕн тата пурнăçĕн пĕлтерĕшĕ çинчен шухăшлани тĕп вырăна тухать. Спектакльте çакна шута илнĕ. Илемлĕ сценăсем сахал мар ку спектакльте. Пурнинчен те ытларах тыткăнлакани — пуканесем. Пуканесен системи кунта питĕ кăткăс: алтуйпе вылятаракан пуканесем, партер пуканесем, манекен-пукане... Вĕсен вăрттăнлăхĕсене куракансем чылай чух тавçăрса та илеймеççĕ. Çак спектакльте пукане системисемпе пĕлсе тата вырăнлă усă курнă.

Виççĕмĕш хут паллатрăм Чăваш Пукане театрĕн спектаклĕсемпе. Малтанхипе танлаштарсан, театр ирĕклĕрех сывласа яни сисĕнет, спектакльсене критиксем курасран та шикленмест. Мĕншĕн тесен пуканесемпе тимлĕрех, тăрăшарах ĕçлеме пуçланă. Çакă «Итлемен чăх чĕппипе» «Сказка странствующего факира» спектакльсенченех аван курăнчĕ.

Çапах та савăнма иртерехха. Малтанхи ăнăçупа лăпланмасăр малалла та çапла çирĕппĕн уттăр коллектив.

К. МУХИН,
театр критикĕ.

Мускав.

*Спорт* — *Спорт*

# ГАВАЙ УТРАВĔСЕМ ÇИНЧЕ

Çĕнĕ Шупашкарти СССР спорт мастерĕ О. Егорова 1990 çула Америкăра, тĕрĕсрех каласан, Гавай утравĕсем çинче кĕтсе илнĕ. Кунта вăл тăван çĕршыв командин чысне 30 километрлă эстафетăллă ăмăртура хӳтĕленĕ.

Эпир вунсакăр çулхи Ольгăпа çак кунсенче Çĕнĕ Шупашкарти манежра тĕл пултăмăр.

— Гавай утравĕсем — США-н хăйне евĕрлĕ штачĕ. Унта çитес тесен, кунĕпе самолетпа вĕçмелле, — тет «Химпром» производство пĕрлешĕвĕн спорт шкулĕнче ăсталăх пухнă О. Егорова. — Мускавран тӳрех Нью-Йорка вĕçсе кайрăмăр, унтан — Америка континенчĕн тепĕр енне, XXIII Олимп вăййисем пулса иртнĕ Лос-Анджелес хулине, малалла вара — Лăпкă океан çинчи Гавай утравĕсем çине. Гонолулу хулине пире питĕ ăшшăн кĕтсе илчĕç. Унта пуриччен те ытларах японецсем пурăнаççĕ иккен...

Совет спортсменĕсем Америкăн чи аякри штатне ытти çĕршыв атлечĕсенчен кăшт каярах юлса çитнĕ. Вĕсем самолет çинчен аннă вăхăтра Австри, Англи, США, Канада, Бразили, ГДР, Португали, Итали, Япони, Бельги, Колумби атлечĕсем черетлĕ тренировкăран таврăнма та ĕлкĕрнĕ. Тепĕр кунех — старт.

30 километрлă дистанцие ултă тапхăр çине пайланă пулнă. Çапла майпа çăлтăрлă эстафетăра кашни команда чысне улттă спортсменка хӳтĕленĕ.

— Пĕрремĕш тапхăрта пирĕн командăшăн Белоруссен хĕрĕ Татьяна Голушко чупрĕ. Пилĕк километрлă дистанцире вăл вунтăххăрмĕш вырăн кăна йышăнчĕ. Паллах, çул çинче маяки иртсе каймарĕ. Ытти тапхăрсенче те пирĕн хĕрсем мала тухаймарĕç. Воронеж облаçĕнчи Алевтина Жилкина пиллĕкмĕш тапхăра вунпĕрмĕш вĕçлерĕ. Треперсем юлашки тапхăрта ăмăртма мана шанăччĕ. Командăна маларах кăларас тесе, пĕтĕм вăя патăм, анчах та хамран 600—800 метр маларах чупса пыракан Япони, ГДР, США спортсменкисене хăваласа çитейменрĕм. Апла пулин те, улттăмĕш тапхăрта эпĕ чи лайăх вăхăт кăтартрăм. Çавăншăн мана Японире кăларнă электронлă сехет парнелерĕç, — аса илет Ольга.

Хамăртан хушса çакна калар: О. Егорова — Гавай утравĕсем çинче пулса курнă пĕртен-пĕр чăваш хĕрĕ. Вăл, пĕлтĕр çĕршывра çамрăксен чемпионатĕнче пуçласа çĕнтерĕскер, халĕ кросс енĕпе Францире пулакан тĕнче чемпионатне хутшăнма хатĕрленет. Спортра пысăк çитĕнӳсем тума ăна Чăваш педагогика институчĕн физвоспитани факультетне пĕтернĕ СССР спорт мастерĕ Николай Иванович Анисимов пулăшать.

В. СМИРНОВ.

# Тĕрлĕ ăмăртусенче

**ЙЫВĂР АТЛЕТИКА.** Сĕнтĕрвăрринчи «Атлант» атлетика клубĕнче республикăри çамрăксен турнирĕ пулса иртнĕ. Малти виçĕ вырăна Елчĕк районĕн, Çĕнĕ Шупашкарпа Сĕмĕрле хулисен командисем йышăннă.

**КИРЕ ПУКАНĔ ЯАТАССИ.** Арзамасра Совет Союзĕн Геройне В. Новикова асăнса йăлана кĕнĕ турнир ирттернĕ. Пирĕн республика чысне унта Сĕмĕрлери атлетсем хӳтĕленĕ. Автофургон комбинатĕнче ĕçлекен А. Могучев (65 кг) çитĕннĕ спортсменсем хушшинче, 6-мĕш профтехучилищĕре вĕренекен О. Шандыбин (80 кг) яшсен ушкăнĕнче пуриччен те нумайрах очко пухнă, турнир çĕнтерӳçисем пулса тăнă.

**ЙЕЛТЕР СПОРЧĔ.** Çĕнĕ Шупашкарти Тĕнĕрç рашинче профтехучилищĕсенче тата вăтам шкулсенче вĕренекенсен I спартакиадин ăмăртăвĕсем пулса иртнĕ. Чăваш АССР халăха вĕрентес ĕç министерствин тата Пĕтĕм Союзри «Трудовые резервы» обществăн область совечĕн парнисене Канаш районĕнчи Сухайкассинчи, Канаш хулинчи 5-мĕш тата Шупашкарти 39-мĕш вăтам шкулсенчи йĕлтĕрçĕсем сĕнсе илнĕ. Эстафетăсенче канашсем вăйлăрах пулнă.

Редактор А. П. КАЗАНОВ.



# ТЕЛЕВИДЕНИ

КĔÇНЕРНИКУН, ЯНВАРĔН 11-МĔШЕ

ПĔРРЕМĔШ ПРОГРАММА

6.30 — 120 минут.
8.35 — «Житие Дон Кихота и Санчо». Нумай серилле илемлĕ телефильм. Иккĕмĕш фильм. 4 сери.
9.40 — «Зима в Простоквашино». Мультфильм.
9.55 — «Ромео и Джульетта». Фильм-балет.
11.25 — Ача - пăча сехечĕ (анимаци).
12.25 — Коллаж.
12.30 — Вăхăт.
15.30 — Концерт.
15.55 — Документлă фильмсем.
16.55 — Концерт.
17.30 — «Коммунист» журнал редакцийĕнче ирттернĕ «Çавра сĕтел».
18.30 — Вăхăт.
19.00 — 16 çул тултарманнисем тата унран аслăраххисем.
19.45 — Мультфильм.
19.55 — «Житие Дон Кихота и Санчо». Нумай серилле илемлĕ телефильм. Иккĕмĕш фильм. 4 сери.
21.00 — Вăхăт.
21.30 — «Лицом к стране». Государство ыйтăвĕсене татса парас ĕçре уйрăм çын мĕнле вырăн йышăнни.
22.30 — Итали музыкин касă.
23.20 — Çитĕннисем валли мультфильмсем.
23.45 — ТСН.

ИККĔМĔШ ПРОГРАММА

8.00 — Ирхи гимнастика.
8.15 — Наукăллă - популярлă фильм.
8.35 — 11.05 — Вĕренӳ передачисем.
11.05 — Пирĕн сад.
11.35 — Вĕренӳ передачи.
12.05 — «Иван Грозный». Илемлĕ фильм. 1 сери.
13.50 — Ритмикăллă гимнастика.
14.20 — «Марк Твен против...» Илемлĕ телефильм.
17.00 — РСФСРти хуласен телестудийĕсем кăтартассĕ. «Золотая Колыма». Сталин лагерĕсене хупнă Магаданăн малтанхи строителĕсем çинчен.
17.40 — Ритмикăллă гимнастика.
18.10 — «Жили-были». Пĕчĕкçĕ пурăнакан ватăсем çинчен.
18.30 — Вăхăт.
19.00 — Кĕрешӳçĕсен Пĕтĕм тĕнчери фестивалĕ. Мускавран.
20.00 — Ырă кас пултăр, ачасем!
20.15 — Уголовнăй розыск пĕлтерет (Шуп.).
20.30 — Информаципе публицистика кăларăмĕ (Шуп.).
21.30 — «Иван Грозный». Илемлĕ фильм. 2 сери.
22.55 — Концерт.

# РАДИО

КĔÇНЕРНИКУН, ЯНВАРĔН 11-МĔШЕ

6.15 — «Столица курьерĕ». Шупашкар çыннисем валли. 6.30 — «Позици». Информаципе публицистика программи. «Суйлавран суйлавччен». Шупашкар районĕ. 7.00 — 7.15 — Мускав передачисем. 7.15 — Республика хаçачĕсене пăхса тухни. 7.25 — 7.30 — Пĕлтерӳсем. 17.30 — 17.40 — Ноктюрнсем (стерео). 18.00 — Çĕнĕ хыпарсем. 18.12 — «Вăрманта мĕн пулса иртнĕ?» Сарăнсен театрĕн спектаклĕ çинчен. 18.25 — Республика хыпарĕсем. 18.35 — 19.00 — Конкурс пырать. Пирĕн кил — Совет Союзĕ.

# ТЕАТР

**К. В. ИВАНОВ ЯЧĔПЕ ХИСЕПЛЕНЕКЕН ЧĂВАШ ГОСУДАРСТВО АКАДЕМИ ДРАМА ТЕАТРĔ** — январĕн 11-мĕшĕнче «Ял кулли» комеди, январĕн 12-мĕшĕнче «Вунсаккăрта чух...» драма, январĕн 13-мĕшĕнче «Пушар лаши» трагикомеди.

**РЕСПУБЛИКĂРИ ВЫРĂС ДРАМА ТЕАТРĔ** — январĕн 10-мĕшĕнче «Жизнь и необычайные приключения солдата Ивана Чонкина» драма.

**ЧĂВАШ ÇАМРĂКСЕН ТЕАТРĔ** — январĕн 11-мĕшĕнче «Пăнтăр-пăнтăр балалайка» ял ӳкерчĕкĕсем, январĕн 12-мĕшĕнче «Аслă ывăл» комеди премьери, январĕн 14, 15-мĕшĕсенче «Сурсăр хыççăнхи апатлану» драма премьери.

**ЧĂВАШ ГОСУДАРСТВО МУЗЫКА ТЕАТРĔ** — январĕн 11-мĕшĕнче «Летучая мышь» оперетта, январĕн 12-мĕшĕнче «Лебединое озеро» балет, январĕн 13-мĕшĕнче «Приключения Колобка» юмах, каçхине «Похищение из сераля» опера.

Каçхи спектакльсем 19 сехетре пуçланассĕ.

# КИНО

«СЕСПЕЛЬ» — Кăвак зал: «Однажды в Америке» — 9.00, 19.00; «В крайнем случае я тебе ничего не скажу» — 13.00, 15.00, 17.00. Кăрен зал: «Полет навигатора» — 9.00, 12.40, 16.20, 18.20; сборник мультфильмов — 14.30; «Деревенька моя центральная» — 10.50, 21.00. Кинозал: «Раз, два — горе не беда!» — 15.45; «Приговоренный» — 18.00, 20.00.

«ОКТЯБРЬ» — «Враг мой» — 8.50; «Однажды в Америке» — 10.30, 14.30, 18.30.

«ПОБЕДА» — Пысăк зал: «Жмихина династия» — 9.00, 11.00, 13.00, 15.00, 17.00, 19.00, 21.00. Вăтам зал: «Рекс-волшебник» — 10.00, 14.00; «Кулаки в тьме» — 12.00, 16.00, 18.00, 20.30. Пĕчĕк зал: «Интердевочка» — 9.00, 11.45, 14.30, 17.15, 20.00.

«МИР» — «Ну, погоди!» — 9.00, 10.30, 12.00; «Солдат Иван Бровкин» — 14.00; «Полет навигатора» — 16.00, 18.30, 20.30.

«СОКОЛ» — «Попутного ветра, «Синяя птица» — 9.30; «Полет навигатора» — 11.00, 13.00; «Сюрприз Афродиты» — 15.00, 17.00, 19.15.

«ЛУЧ» — «Возвращение к свободе» — 13.00; «Я в полном порядке» — 16.00, 18.00, 20.00.

«ЮНОСТЬ» — «Крокодил Данди-2» — 15.00, 17.30, 20.00.

ЧЗАЗ КУЛЬТУРА ЧЕРМЕНĔ — «Это было у моря» — 14.00; «Убегающий август» — 18.00.

«СТРОИТЕЛЬ» КЛУБ — «Вилла «Орхидея» — 16.00, 18.00, 20.00.


ПИРĔН АДРЕС: 428019, г. ЧЕБОКСАРЫ, пр. ИВАНА ЯКОВЛЕВА, 13. ДОМ ПЕЧАТИ, III ЭТАЖ.

ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор — 21-00-67; редактор заместителĕсем — 21-04-17 тата 21-20-07; ответлă секретарь — 21-04-26; секретар нат — 25-03-01; партм пурнăç пайĕ — 21-08-61 тата 25-13-24; идеологи пайĕ — 21-03-54 тата 25-13-18; промышленность, строительство тата транспорт пайĕ — 21-33-64, 25-13-04 тата 25-13-81; агропромышленность пайĕ — 21-08-62, 25-13-10, 25-13-05 тата 25-13-58; советсен ĕçĕпе социаллă пурнăç пайĕ — 21-03-04 тата 25-13-06; культура пайĕ — 21-08-56 тата 25-13-02; çырусемпе обществăлла корреспондентсен пайĕ — 21-05-21, 25-13-07 тата 29-76-22; информаципе спорт пайĕ — 21-22-31 тата 25-13-09; фотокорреспондент — 21-45-94; хамăр корреспондентсем — 3-24-91 (Канаш), 2-10-54 (Елчĕк), 4-34 (Етĕрне) тата 2-26-30 (Сĕнтĕрвăрри); издательство директорĕ — 21-00-23; пĕлтерӳсен пайĕ — 21-14-89 тата 29-76-89; «Вестник недели» редакцийĕ — 21-04-39; бухгалтери — 21-45-86; Чăваш АССР Журналистсен союзĕн правленийĕ — 25-13-83; хаçатăн обществăлла приемнăйĕ — 21-22-94.

Хаçат тунтикунсăр пуçне кулленех тухать.

НТ 34023. Индекс газеты — 54800. Типография издательства Чувашского обкома КПСС, г. Чебоксары, пр. Ивана Яковлева, 13. Высокая печать, объем 2 печ. листа. Тираж 72.000 экз. Заказ № 133.